Пĕтĕм тĕнчери пролетарисем, пĕрлешĕр!

# КОММУНИЗМ ЯЛАВĔ

Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн Чăваш обкомĕпе Шупашкар хула комитечĕн тата Чăваш АССР Верховнăй Совечĕпе Шупашкар хула Совечĕн хаçачĕ

1953 çул Январь 13
ытларикун
№ 8 (8917)
35-мĕш çул тухать.
Хакĕ 20 пус.

## Паянхи номерте:



# Государство заданине чыслăн пурнăçлассишĕн

Вăрман промышленноçĕнче ĕçлекенсем, пĕтĕм совет халăхĕпе пĕрле, Коммунистсен партийĕн XIX-мĕш съезчĕ йышăннă историллĕ решенисене чыслă пурнăçлассишĕн ывăнма пĕлмесĕр кĕрешеççĕ. Вăрман промышленноçĕ коммунизмăн аслă стройкисене, шахтăсене, чугун çул транспортне йывăç материалсем ытлăн-çитлĕн парса тăма тивĕçлĕ. Çак задачăна чыслă пурнăçласа пыма унăн мĕн кирли пурте çителĕклĕ.

Ленин—Сталин партийĕпе Совет правительстви вăрман промышленноçне аталантарассишĕн куллен тăрăшаççĕ, ăна малта тăракан хăватлă техникăпа хĕçпăшаллантараççĕ, ăста кадрсемпе çирĕплетеççĕ, работниксем валли пурăнма тата культурăллă канма паха майсем туса пама укçа-тенкĕ нумай уйăраççĕ.

Вăрçă хыççăнхи çулсенче «Чăвашвăрман» трест вуншар миллион тенкĕлĕх хăватлă машинăсемпе механизмсем туяннă, йывăç турттармалли çулсем чылай хывнă, çĕнĕ поселоксем туса лартнă. Халĕ кашни вăрманпромхозра техникăна алла илнĕ çĕршер механизатор ĕçлет. Наукăпа техника работникĕсем вăрман хатĕрлекенсен ĕçне çăмăллатмалли тата ĕç тухăçлăхне ÿстерсе пымалли çĕнĕрен те çĕнĕ паха майсем шухăшласа кăлараççĕ. Уйрăмах стахановецсемпе рационализаторсен—производство новаторĕсен — хисепĕ ÿссе, вăйланса пынине палăртас пулать.

Вăрманпромхозсем ăнăçлăн ĕçлесси вĕсен руководителĕсем пуян техникăпа тулли усă курма, малта пыракансен опычĕпе меслетне анлă сарса ĕç тухăçлăхне ÿстерсе пыма, кадрсен пуçарулăхĕпе пултарулăхне пĕрмаях вăйлатма тăрăшнинчен килет. «Чăвашвăрман» трест тата вăрманпромхозсен руководителĕсем вăрман хатĕрлевĕ юлса пынине пĕтерме татăклă мерăсем йышăнманнипе республика 1952 çулта Тăван çĕршыв умĕнче пысăк парăма кĕчĕ. Тăваттăмĕш кварталта республика коммунизмăн аслă стройкисене тата халăх хуçалăхĕн тĕрлĕ отраслĕсене тăватă пин ытла вагон йывăç материалсем парса çитереймен.

Вăрман хатĕрлевĕ юлса пыни предприятисем механизмсемпе япăх усă курнинчен, ĕç тухăçлăхĕ пĕчĕккинчен, малта пыракансен опычĕпе меслетне анлă сарманнинчен, рабочисемпе колхозниксен кулленхи ыйтăвĕсене япăх тивĕçтерсе пынинчен килет. 1952 çулта вăрманпромхозсем çĕнĕ техника нумай туяннă. Апла пулин те трест механизмсемпе 1951 çулхи чухлĕ çеç йывăç хатĕрленĕ. Вăрманпромхозсен руководителĕсем машинăсемпе механизмсене вăхăтра юсама, механизаторсен ăсталăхне ÿстерме кирлĕ пек тăрăшмаççĕ. Рабочисемпе колхозниксем валли тухăçлă ĕçлеме пулăшакан майсем туса паман Производствăпа ĕçе япăх йĕркелени, малта пыракансен опычĕпе меслетне пĕтĕçтерсе сарманни ĕç тухăçлăхне ÿстерме чăрмантарать. 1952 çулхи 10 уйăх хушшинче кадрти рабочисенчен 46 проценчĕ ĕç нормине тултарман.

Предприятисенче çĕнĕ техникăна алла илнĕ, пуçаруллă механизаторсем сахал мар. Алтышево вăрманпромхозĕнчи тракторист-трелевщик Н Вельдяев юлташ 1952 çулта çĕршыври трактористсен ăмăртăвĕнче виçĕ хут пĕрремĕш вырăна тухнă. Вăл пиллĕкмĕш пилĕк çулхи ĕç нормине пĕлтĕрех тултарнă. Чăваш АССР Верховнăй Совечĕн депутачĕ М. Сысуйкин юлташ 50 кубометр вырăнне сменăра вăтам шутпа 80-шар кубометр йывăç çул хĕррине илсе тухать. Унăн ученикĕсем пулнă А. Лачинпа И. Борисов юлташсем те стахановла ĕçлеççĕ.

«Чăвашвăрман» трест производство новаторĕсен паха пуçарăвне сарма тăрăшмасть. Пĕлтĕр Сысуйкин, Вельдяев тата Царегородцев юлташсен опытне пĕтĕçтерсе плакат кăларма. электропăчкăпа йывăç хатĕрлекен стахановецсен меслечĕпе паллаштарма Буински вăрманпромхозра канашлу ирттерме палăртнă пулнă. Çак канашлăва ку тарана çитсе те ирттермен, плакатсем кăларман. Ку вăл трест руководителĕсен юрăхсăр ĕç меслетне кăтартса парать.

Пĕлтĕр Йĕпреç вăрманпромхозĕ тăхăр тракторпа 18 пин кубометра яхăн йывăç çул хĕррине илсе тухнă. М. Сысуйкин юлташ пĕр тракторпа 13 пин кубометр турттарнă, кăçал 19 пин кубометр илсе тухма сăмах pană. Шăмăршă вăрманпромхозĕнче 4 трактор. Вĕсемпе пурĕ те 5 пин кубометр çеç çул хĕррине илсе тухнă. Çĕнĕ техникăпа туллин усă курни, механизаторсен пуçарулăхĕпе пултарулăхне ÿстерсе пыни, ĕçе комплекслă механизацилени, технологие çĕнетсе лайăхлатни—çаксем вĕсем пурте ĕç тухăçлăхне ÿстермелли майсем пулнине хуçалăх руководителĕсен яланах асра тытас пулать.

Вăрман хатĕрлевĕ юлса пынин тепĕр сăлтавĕ вăл—чылай районсен руководителĕсем государство заданине пурнăçлама тивĕçлĕ мерăсем йышăнманни. Сезон пуçланнăранпа виçĕ уйăх ытла иртрĕ. Районсем вăрман касса хатĕрлемелли плана çуррине те тултарман. Уйрăмах каснă йывăçа турттарса кăларасси юлса пырать. Элĕк, Йĕпреç, Красноармейски, Октябрьски тата Çĕрпÿ районĕсем йывăç турттарса кăлармалли плана 10 процентран та каярах тултарнă.

Малта пыракан Шупашкар, Муркаш, Комсомольски районĕсен паха опычĕ пирĕн районсен хăйсен Тăван çĕршыв умĕнчи тивĕçне срокчен пурнăçлама мĕн кирли пурте çителĕклине уççăн кăтартса парать.

Коммунистсен партийĕ, аслă çулпуç тата учитель И. В. Сталин юлташ руководительсене правительство заданийĕсене çирĕппĕн пурнăçласа пыма, государство интересĕсене çÿлте тытма хушаççĕ. Партин XIX-мĕш съездĕнче Г. М. Маленков юлташ çапла каланă: «Государство планĕ вăл—закон. Предприятисен пурин те хăйсене панă государство заданийĕсене тултармалла, халăх хуçалăхне кирлĕ продукци çителĕклĕ туса кăлармалла. Хуçалăх руководителĕсен тата парти организацийĕсен плана кашни предприяти тăрăх валовăй продукци енĕпе кăна мар, государство планĕ тăрăх палăртнă мĕнпур япаласене туса кăларас тĕлĕшпе те обязательно тултармалла тăвас пулать, туса кăларакан продукцин пахалăхне пĕрмаях лайăхлатса пымалла, предприятие йĕркеллĕ ĕçлеме чăрмантаракан сăлтавсене тупса, вĕсене пĕтĕмпех пĕтермелле. Уйрăмах промышленноçăн пур пайĕсенче те ĕç тухăçлăхне пур майсемпе те ÿстерсе пырас задача çине тимлĕн пăхмалла».

Вăрманпромхозсемпе «Чăвашвăрман» трест руководителĕсен, районсенчи партипе совет органĕсен парти кăтартăвĕсенчен тивĕçлĕ вывод туса, вăрман хатĕрлевĕ юлса пынине хăвăртрах пĕтермелле.

Нумай районсем, колхозсем плана срокчен тултарма сăмах пачĕç. Йышăннă обязательствăсене чыслăн пурнăçлассишĕн тимлĕ кĕрешсе плана кашни район, кашни колхоз тăрăх ăнăçлă тултармалла тăвас пулать.

КПСС райкомĕсемпе вăрманпромхозсенчи парторганизацисем ĕççыннисене Коммунистсен партийĕн XIX-мĕш съезчĕ йышăннă историллĕ решенисем тата съездра И. В. Сталин юлташ каланă сăмах çинчен тарăннăн ăнлантарса пама, çĕнĕ пилĕкçуллăх плана срокчен тултарассишĕн социализмлă ăмăртăва вăйлатса пыма тивĕçлĕ.

Çĕршывра вырăнти Советсен суйлавне хатĕрленес ĕç саралса пырать. Ĕççыннисем суйлав кунне халăх хуçалăхĕн заданийĕсене чыслăн пурнăçланипе кĕтсе илме пулаççĕ. Суйлавçăсен политикăллă активлăхĕпе ĕçри хастарлăхне вăйлатса пырса, вăрман хатĕрлевĕнче татăклă улшăнусем тăвар, Тăван çĕршыв заданине чыслăн пурнăçлар.

# Колхоз çуракине хатĕрленет

КУСЛАВККА. «Динамо» колхоз членĕсем партин XIX-мĕш съезчĕн решенийĕсене тăрăшса вĕренеççĕ.

Колхозăн тĕп задачи тырпул туса илессипе выльăх-чĕрлĕх ĕрчетесси тата вĕсен тухăçлăхне хăпартасси пулать. «Динамо» колхоз членĕсем халĕ хĕрсех çуракине хатĕрленеççĕ. Çитес çуракинче акма пĕрчĕллĕ тырăсен сортлă вăрлăхне 475 центнер хатĕрлесе хунă. Вăрлăхсене сортировкăсемпе тасатнă, нÿрĕ вăрлăхсене сушилкăра типĕтсе акма юрăхлă кондицине çитернĕ.

Кĕрхи тырă калчисемпе çурхи тырăсене апат пама колхозниксем Тĕрлемес станцинчен 500 центнер минераллă удобренисем турттарса килчĕç. Кунсăр пуçне паянхи куна 30 центнер кĕл, 29 центнер кайăк-кĕшĕк тислĕкĕ пухса хунă, уй-хире тислĕк кăларас ĕç вăйланса пырать. Тислĕке уй-хире тракторпа кăларса пыо̆ак купасем туса хураççĕ. Çамрăк тракторист А. Королев юлташ трактор валли тунă 6 тонна кĕрекен çунапа кашни кун хире тислĕк турттарса 3—4 хут хутлать. Тислĕк тиенĕ çĕрте куллен 15 колхозник ĕçлет. Çавăн пекех уйра юр тытса хăварма та колхозниксем активлăн тухаççĕ.

# Совет Союзĕ тăрăх

## Сталинград гидроэлектростанци строительствинче

ВОЛЖСКИЙ поселокĕ (Сталинград облаçĕ), январĕн 10-мĕшĕ. (ТАСС). Сталинград гидроэлектростанцийĕн çурчĕ пулмалли вырăнта пысăк котлован чаваççĕ. Çĕр айĕнчи шыв котлована тулса пырассине чарса лартас тесе, çĕр айĕнчи шыва тарăнран уçласа кăлармалла тăваççĕ. Çав сооруженисен пĕрремĕш черетне малтан кăтартса панă срокран çур уйăх маларах туса пĕтерме. Котлованăн кăнтăр енчи стени патĕнче 33 тарăн шăтăк тунă. Çав шăтăксене чылайăшне насуссем вырнаçтарса лартнă. Сăнаса пăхнă чухне насуссем лайăх ĕçлени палăрнă.

Халĕ ĕнтĕ çĕр айĕнчи шыва уçласа кăлармалли системăн иккĕмĕш черетне тума тытăннă.— ку вăл котлованăн хĕвеланăç енче пулать. Котлован районĕнче çуркунне шыв тулма пуçличчен 300 тарăн шăтăк чавса, унта насуссем вырнаçтарса лартаççĕ. Кун хыççăн вара гидроэлектростанцин шыв юхса тăмалли тимĕр-бетон пĕве валли котлован чавакан вырăнта шыва уçласа кăларма хатĕрленме тытăнаççĕ.

## Колхоз председателĕ академире тунă доклад

Мускаври К. А. Тимирязев ячĕпе тăракан ялхуçалăх академийĕн коллективĕ ялти ĕççыннисемпе тачă çыхăну тытать. Ученăйсем нумай крайсемпе облаçсенчи ялхуçалăх артелĕсене кайса çÿреççĕ, канашсем парса колхозниксене пулăшаççĕ, ялхуçалăхĕнчи новаторсен опытне пĕтĕçтереççĕ. Академире малта пыракансен опытне тата мичуринла наука çитĕнĕвĕсене пропагандăлассине пысăк вырăна хураççĕ. 1952 çулта академи профессорĕсемпе преподавателĕсем тата студентсем колхозниксем хушшинче 2 пине яхăн каласу ирттернĕ.

Вăйлă тырпул мастерĕсем тата выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕçре малта пыракансем академин ученăй Совечĕн ларăвĕсенче докладсем туса параççĕ, студентсем валли докладсем тăваççĕ, наукăллă конференцисен ĕçне хутшăнаççĕ.

Январĕн 10-мĕшĕнче Ростов облаçĕнчи Сталин ячĕпе тăракан малта пыракан колхоз председателĕ А. П. Чеховский тăваттăмĕш курсра вĕренекен студентсене нумай отраслĕ, механизациленĕ тата электрификациленĕ хуçалăха организацилесси çинчен доклад туса панă. (ТАСС).

## УЗБЕКИСТАНРИ ÇУРАКИ

ТЕРМЕЗ, январĕн 9-мĕшĕ. (ТАСС). Денау, Сары-Ассия тата Ширабад районĕсенче хĕрсех çурхи тулă акаççĕ.

Литва ССР-ĕ. Каунасри турбинăсем тăвакан завод 1952 çулхи виççĕмĕш кварталта ăнăçлă ĕçленĕшĕн СССР Министрĕсен Совечĕн куçса çÿрекен Хĕрлĕ ялавне илме тивĕçлĕ пулнă. Завод çулталăкри плана та срокчен тултарнă.

УКЕРЧĔК ÇИНЧЕ: нормăна 300—350 процент тултаракан сборщиксем В. Петренко (сулахайри) тата А. Ременчюс турбина пухаççĕ.

Л. МЕЙНЕРТ фотоÿкерчĕкĕ (ТАСС фотохроники).

## СССР Наука академийĕнче

### И. В. Сталинăн «ССР Союзĕнчи социализмăн экономикăллă проблемисем» ятлă произведени тăрăх ирттернĕ наукăллă сесси

СССР Наука академийĕн экономикăпа право отделенийĕ тата Экономика институчĕ пухнă наукăллă сесси тăватă кун ĕçленĕ хыççăн январĕн 10-мĕшĕнче хăйĕн ĕçне туса пĕтерне. Сесси ĕçне наука работникĕсем—Мускаври тата хамăр çĕршыври ытти хуласенчи экономистсем йышлăн хутшăннă.

Сессире тунă докладсемпе каланă сăмахсенче И. В. Сталин юлташăн гениллĕ произведенийĕнчен тухса тăракан чылай ыйтусене çутатса панă.

Сессире тухса калакансем И. В. Сталин юлташăн «ССР Союзĕнчи социализмăн экономикăллă проблемисем» ятлă произведенийĕ марксизм-ленинизма пуянлатнине, политикăллă экономи аталанăвĕнчи çĕнĕ тапхăр пулса тăнине палăртнă. И. В. Сталин юлташ, социализмăн экономикăллă законĕсен объективлă характерне кăтартса парса, политикăллă экономин наукăллă никĕсне хывнă тата экономикăллă наука, философи, право ыйтăвĕсем тăрăх субъективистла, идеалистла шухăшсем саракансене çĕмĕрмеллех пырса çапнă.

Сессире тухса калакансем И. В. Сталин юлташăн гениллĕ произведенийĕ коммунизм строительствин теорийĕпе практикишĕн питĕ паха пулнине палăртнă. Çак произведени мĕнпур çĕршывсенчи халăх массисем империализм пусмăрне хирĕç, миршĕн тата демократишĕн кĕрешмелли задачăсене революциллĕ теори хăвачĕпе çутатса пачĕ.

Сессире 12 доклад итленĕ тата докладсене сÿтсе явнă чухне 16 çын тухса каланă. Докладчиксемпе тухса калакансем социализм вăхăтĕнчи экономикăллă законсен характерĕ çинчен, социализмăн экономикăллă тĕп законĕ тата хальхи вăхăтри капитализмăн экономикăллă тĕп законĕ çинчен, социализм вăхăтĕнчи таварлă производство тата хаклăх законĕн ыйтăвĕсем çинчен каланă. Социализмран коммунизма куçассин ыйтăвĕсем тăрăх виçĕ доклад пулнă.

Докладсене сÿтсе явни тата сесси ĕçне хутшăннисем панă сĕнÿсем Экономика институчĕн тата «Вопросы экономики» журналăн ĕçĕнчи çитменлĕхсене палăртма пулăшнă. Чылай экономистсем туса пынă субъективистла тата идеалистла йăнăшсене критикленĕ. Хăшпĕр статьясен авторĕсем политикăллă экономи ыйтăвĕсем тăрăх хăйсем тунă йăнăшсене И. В. Сталин юлташăн произведенийĕ пичетленсе тухнă хыççăн та тÿрлетме тăрăшманнине сесси сивленĕ.

Сесси Экономика институчĕн ĕçлесе пымалли тĕп ыйтусене кăтартса панă. К. В. Островитянов юлташ, юлашки сăмах каласа, сесси ĕçĕсен итогне палăртнă, докладсемпе тухса каланă сăмахсенче пулнă йăнăшсене кăтартса панă. Уйрăммăн илсен, вăл В. С. Немчинов академик докладĕнчи хăшпĕр тĕрĕс мар формулировкăсене критикленĕ.

Сесси участникĕсем пысăк çĕкленÿпе И. В. Сталин юлташ патне саламлă çыру яма йышăннă. (ТАСС).

## Колхозсен тупăшĕсем ÿсеççĕ

КИЕВ, январĕн 9-мĕшĕ. (ТАСС). Киев облаçĕнчи колхозсем иртнĕ ялхуçалăх çулĕн итогĕсене тăваççĕ. Малта пыракан агротехника кăтартса панă майсемпе анлăн усă курнипе тата ĕçе механизацилесси ÿснипе колхозсем тĕштырăсемпе техникăллă культурăсен тухăçлăхне чылай хăпартнă.

Облаçри 100 ытла колхозра тĕштырăсен тухăçлăхĕ партин XIX-мĕш съезчĕн директивисенче пиллĕкмĕш пилĕкçуллăхăн юлашки çулĕ валли кăтартса панă висене çитнĕ Сăмахран, Ротмистровка районĕнчи Ленин ячĕпе тăракан колхоз акмалли 963 гектар çĕр çинче кашни гектартан тĕштырăсем 23-шер центнер, кĕрхи тулă—25-шер центнер пухса кĕртнĕ.

Тырпул тухăçлăхĕ ÿсни колхозсене выльăх-чĕрлĕх тухăçлăхне ÿстерме, çапла вара хуçалăх тупăшĕсене ÿстерме пулăшнă. Черкассы районĕнчи колхозсем пурте миллионер-колхозсем пулса тăнă. Умань районĕнче кашни икĕ колхозран пĕри миллионер-колхоз шутланать. Бабанка, Шпола, Ротмистровка, Ольшана тата Смела районĕсенче нумай ялхуçалăх артелĕсен тупăшĕсем миллионшар тенкĕ çитнĕ.

## Дояркăсене ĕçшĕн хушса тÿлени

СУМЫ, январĕн 9-мĕшĕ. (ТАСС). Лебедин районĕнчи Ленин ячĕпе тăракан колхозра выльăх-чĕрлĕх пăхакансене ĕçшĕн хушса тÿлемелли йĕркепе выльăх-чĕрлĕх продукчĕсем панă.

Социализмлă Ĕç Геройĕ Мария Савченко пысăк çитĕнÿ тунă. Вăл 8 ĕне пăхать, кашни ĕнерен 6.940-шер литр сĕт суса илнĕ, плана нумай ирттерсе тултарнă. Ăна, ĕçшĕн хушса тÿлемелли йĕркепе, 5.432 литр сĕт панă.

Мария Савченко дояркăран вĕренекенсем Лебедин районĕнче кăна мар, ытти районсенче те пур. Вĕсенчен Глинск районĕнчи Сталин ячĕпе тăракан колхозра ĕçлекен доярка Евдокия Дĕмянец мала тухнă. Вăл хăйне çирĕплетсе панă 9 ĕнерен сĕт суса илмелли плана икĕ хута яхăн ирттерсе тултарнă. Ăна çакăн пек çитĕнÿ тунăшăн, ĕçшĕн хушса тÿлемелли йĕркепе, 6.600 литр сĕт панă.

## ЭССЕНТУКИРИ ÇĔНĔ САНАТОРИ

ЭССЕНТУКИ, январĕн 10-мĕшĕ. (ТАСС). Паян кунта Ĕç резервĕсен министерствин çĕнĕ санаторийĕ уçăлнă.

Çапла кăçалхи январь уйăхĕнче Эссентукире иккĕмĕш санатори уçăлнă. Хĕллехи вăхăтра та санаторисем пурте ĕçлеççĕ. Эссентукири 25 санаторире хальхи вăхăтра ĕççыннисем 4 пин çын ытла канаççĕ тата сываланаççĕ. 1952 çулта кунти санаторисенче 60 пин çын пулнă.

# Вырăнти Советсен суйлавĕ умĕн

Вырăнти Советсен суйлавне хатĕрленнĕ май предприятисемпе артельсенче социализмлă ăмăрту вăйланса пырать.

УКЕРЧĔК ÇИНЧЕ: Шупашкарти «Кожупряжь» артельти шорник П Васильев юлташ ĕçре. Вăл кулленхи нормăна яланах ирттерсе тултарать.

П. ЕФИМОВ фотоÿкерчĕкĕ.

## ТЕЛЕФОН КĔРТЕÇÇĔ

КАЛИНИНО. Районта вырăнти Советсене суйлама 27 суйлав участокĕ тунă. Халĕ районти çыхăну кантурĕ суйлав участокĕсем вырнаçнă çуртсене телефон кĕртме тата «Урожай» радиостанцисем лартма тытăнчĕ. 24 участока телефон кĕртеççĕ, 3 участока пĕчĕк радиостанцисем лартаççĕ.

И. ПРОКОПЬЕВ.

## Райисполком секретарĕсен тата суйлав комисси председателĕсен канашлăвĕ

1953 çулхи январĕн 9-мĕшĕнче Чăваш АССР Верховнăй Совет Президиумĕ ĕççынни депутачĕсен район тата хула Совет исполком секретарĕсен, районсенчи тата хуласенчи суйлав комиссийĕсен председателĕсен канашлăвне ирттерчĕ. Канашлура Чăваш АССР Верховнăй Совет Президиумĕн председатель заместителĕ Д. Я. Митьков юлташ вырăнти Советсен суйлавне хатĕрленес ыйтупа доклад туса пачĕ. Вăл хăйĕн докладĕнче райсовет исполкомĕсемпе суйлав комиссисен задачисем çинчен тĕплĕн каларĕ.

Районсенчи тата хуласенчи суйлав комиссийĕсен ĕçĕсем çинчен каласа, Д. Я. Митьков юлташ суйлава хатĕрленнĕ май комиссисем суйлав документсемпе тĕплĕн паллашни кирлине уйрăмах палăртрĕ Умра тăракан задачăсене татса пама суйлав комисси членĕсене пурне те практикăллă ĕçе хутшăнтарас пулать. Суйлав комиссийĕсен совет гражданĕсене суйлав правипе усă курма кирлĕ условисем туса памалла.

Канашлăва пухăннисем районсенче телефон начар ĕçлени çинчен каларĕç, çыхăну ĕçне лайăхлатма тивĕçлĕ мерăсем йышăнма сĕнчĕç, потребительсен кооперацийĕн ĕçне лайăхлатма кирли çинчен, магазинсемпе лавккасенче куллен кирлĕ япаласем яланах çителĕклĕ пулмалла тума кирли çинчен, суйлав кампанине ирттерме хут тата канцеляри япалисем, краççын ламписем, хĕрлĕ хăмач кирли çинчен каларĕç.

Канашлура Чăвашсоюз правленийĕн председателĕ Балашов юлташ, çыхăну управленийĕн главнăй инженерĕ Николаев юлташ сăмах тухса каларĕç. Вĕсем, канашлура хускатнă ыйтусем çинче чарăнса тăрса, канашлура тухса каланă юлташсем хускатнă ыйтусене тивĕçтерме пулчĕç. Чăваш АССР Министрĕсен Совечĕ çумĕнчи культурăпа сутĕç управленийĕн начальникĕ Костин юлташ суйлав кампанине ăнăçлă ирттерме вулав çурчĕсемпе клубсен ĕçне лайăхлатма кирли çинчен каларĕ.

Канашлура Чăваш АССР Верховнăй Совет Президиумĕн председателĕ З. А. Андреева юлташ ĕççынни депутачĕсен вырăнти Совечĕсен суйлавне ирттерме пур енчен те тĕплĕн хатĕрленме кирли çинчен каларĕ. Район тата хула Совет исполкомĕсен, район тата хула суйлав комиссийĕсем умĕнче вырăнти Советсен суйлавне хатĕрленес тĕлĕшпе политикăллă тата организациллĕ пысăк ĕçсем тăраççĕ. Çав ĕçсене вăхăтра тата кирлĕ пек пурнăçласа пынинчен, ыйтусене тĕрĕс татса панинчен суйлав ăнăçлă иртесси килет. Хальхи суйлав кампанийĕнче иртнĕ суйлавсем вăхăтĕнче пухăннă пуян опытпа анлăн усă курмалла. Андреева юлташ суйлава хатĕрленес ĕçе совет активне йышлăн хутшăнтарма, организациллĕ-техникăллă ĕçсене пурне те вăхăтра туса çитерме кирлине палăртрĕ.

## Активпа пĕрле

ПЕРВОМАЙСКИ Йÿç Шăхаль ял Совечĕ (председателĕ—Чăваш АССР Верховнăй Совечĕн депутачĕ М. И. Иванова юлташ) активпа тачă çыхăнса ĕçлет.

Ял Советне кĕрекен икĕ колхоз 1950 çулта Шверник ячĕпе тăракан пĕр колхоза пĕрлешрĕç. Пĕрлешнĕ колхозăн акмалли çĕр лаптăкĕ пысăкланчĕ, уй-хирте машинăсемпе ĕçлеме условисем лайăхланчĕç. Машина-трактор станцийĕн çак колхозра ĕçлекен 12-мĕш трактор бригади çулталăкри задание октябрĕн 5-мĕшĕ тĕлне 117 процент пурнăçларĕ, кĕрхи сĕртме тумалли плана 104,8 процент тултарчĕ.

Колхоз 1952 çулта тухăçлă тырпул туса илчĕ, государствăна тырă памалли плана срокчен тултарчĕ.

Халĕ ял Совечĕ вăрман хатĕрлемелли плана тултарма ялти ĕççыннисене мобилизацилет.

Колхозниксем вăрман хатĕрлевĕнче тимлĕ ĕçлеççĕ. Вăрман каснă çĕрте ĕçленĕ колхозниксем кулленхи задание яланах ирттерсе тултарса пычĕç. Çапла ĕçлесе колхозниксем декабрĕн 9-мĕшĕ тĕлне 2.335 фестметр йывăç касса хатĕрлерĕç, задание ирттерсе тултарчĕç. Колхозниксем каснă йывăçа турттарса кăлармалли плана 1953 çулхи февралĕн 20-мĕшĕ тĕлне тултарса, вырăнти Советсене суйламалли куна паха çĕнтерÿ тунипе кĕтсе илме сăмах пачĕç. Халĕ вăрманта пĕр автомашина тата 15 лав ĕçлет.

Активистсем ял Советне паха сĕнÿсем пареççĕ. Кăçал С. Майорова депутат сĕннипе сывлăха сыхлас ĕç çинчен сессире сÿтсе явнă. Депутатсемсĕр пуçне, 30 ытла активист ял Совечĕн яланхи комиссийĕсенче ĕçлеççĕ.

А. ТУКМАКОВ.

# П А Р Т И   П У Р Н А Ç Ĕ

## Агитаци ĕçне организацилемен

ЧУРАЧĂК. КПСС райкомĕн пропагандăпа агитаци пайĕн заведующийĕ А. Иванов юлташ каланă тăрăх, районти ĕçсыннисем хушшинче политикăллă-массăллă ĕçе сарса пыма агитаторсем нумай. Пуçламăш парторганизацисенче пуринче пекех агитколлективсем шутланса тăраççĕ. Халĕ, ĕçсынни депутачĕсен район тата ял Совечĕсене суйлас умĕнхи тапхăрта политикăллă агитаци ĕçĕ мĕнле пыни çинчен сăмах хускатсан, Иванов юлташ йывăррăн сывласа çапла ответлет:

— Йышăнатпăр, питĕ начар. Паянхи кун суйлав участокĕсенче пĕр агитпункт та чăннипе ĕçлеме тытăнман-ха...

— Ку ĕçе йĕркелесе яма алă çаврăнаймарĕ çав,—килĕшрĕ райком секретарĕ С. Аллюров юлташ.

Агитпунктсем ĕçлеме тытăнассине кĕтме те çук. Январĕн 6-мĕшне çитсе райком агитпункт заведующийĕсене çирĕплетсе пĕтермен. Халиччен уйăрса лартнă работниксем хăйсен ĕçне мĕнле пуçăннине тĕрĕслесе тăмаççĕ.

Райком суйлав умĕнхи агитациллĕ-массăллă ĕçе пуçарса яма васкаманни район центрĕнче хăйĕнчех уççăн курăнать. Кăçалхи февралĕн 22-мĕшĕ вырăнти Советсене суйламалли кун пулни çинчен пĕлтерекен лозунгсемпе плакатсем Чурачăкăн пĕр урамĕнче те çук.

Райисполкомра пĕлтернĕ тăрăх, иртнĕ суйлавсен тапхăрĕнчи пекех, район центрĕнчи агитпункт кăçал та район клубĕнче пулмалла. Пулмалла, анчах вăл ячĕшĕн çеç шутланса тăрать. Кунта агитпункт пулни çинчен пĕлтерекен вывеска та çук, стенасем çинче кивĕ плакатсемпе лозунгсем çеç çакăнса тăраççĕ. Сăлтавĕ каллех пĕрре: райком агитпункт заведующине уйăрса лартма ĕлкĕреймен, вырăнти Советсен суйлавĕсене ирттересси çинчен докладсемпе калаçусем ирттерме хăçан тытăнасси те паллă мар.

Чурачăкран вицĕ километрти Çĕрпÿелне район центрĕнчи суйлав участокне кĕртнĕ. Ку ялти Киров ячĕпе тăракан колхоз членĕсем Чурачăка кулленех çÿреме пултараймаççĕ, суйлав умĕнхи агитациллĕ-массăллă ĕçе хăйсен ялĕнчех пуçарса ярассине шанса тăраççĕ. Парти райкомĕ колхозри пуçламăш парторганизаци секретарьне А. Андреев юлташа ялти ĕçсыннисем хушшинче политикăллă агитаци ĕçне организацилеме кăтарту панă та, мĕнпур ĕçĕ çавăнпа вĕçленнĕ. Ситес суйлавсем çинчен колхозра пĕр калаçу та ирттермен, стена хаçачĕпе боевой листоксем тухмаççĕ, обществăллă çуртсемпе урамсенче нимĕнле лозунгсемпе плакатсем те çук. Ытти чылай ялсенче те çавăн пекех.

Метикассинчен пĕлтернĕ тăрăх, унта вырăнти Советсен суйлавĕ çинчен ăнлантарса парас ĕç анлăн сарăлса пырать. Анчах мĕнле пуçарса янă-ха? Колхозри комсомолецсене правлени чĕнсе илнĕ те, кĕске кăтарту панă: «колхозниксене суйлав Положенийĕ çинчен ăнлантарса парăр».

Хăйсене панă поручение комсомолецсем тÿррĕн пурнăçлама тăрăшаççĕ, анчах совет демократийĕн принципĕсем çинчен тарăнăн ăнлантарса пама çамрăк агитаторсен пĕлÿ çитеймест. Пуçламăш парторганизаци политикăллă агитаци ĕçне коммунистсене, уйрăмах ялти интеллигенцие ытла та сахал явăçтарать.

Хальхи тапхăрти условисенче агитпунктсем умĕнче пысăк задачăсем тăраççĕ. Вĕсен нумай енлĕ ĕçĕ суйлавсене анлă массисене партин XIX-мĕш съезчĕн решенийĕсем тата Сталин юлташăн «ССР Союзĕнчи социализмăн экономикăллă проблемисем» ятлă историллĕ произведенийĕ çинчен тарăнăн ăнлантарса парас задачăна пăхăнса тăрать. Çак задачăна пурнăçлассине чи малтан агитпункта ертсе пыракан кадрсем, агитаторсен коллективĕсем татса параççĕ. Анчах КПСС Чурачăк райкомĕ çак питĕ те кирлĕ ĕç çине çиелтен пăхни сисĕнет.

Сталин ячĕпе тăракан колхозри партбюро секретарьне Ф. Семенов юлташа Улаксар суйлав участокĕнчи агитпункт заведующийĕ пулма çирĕплетме райкома чĕнсе илчĕç. Вăл хăйсен участокĕнче хальхи вăхăтра миçе агитатор пуллине тата мĕнле ĕç туние те пĕлмест.

— Манран мĕн ыйтмалли пур?—тĕлĕннĕ пек пулчĕ вăл.—Эпĕ колхозниксемпе пĕрле Йĕпрес вăрманпромхозне кайса икĕ эрне пурăнтăм...

Семенов юлташа васкавлă йĕркепе çирĕплетрĕç, анчах агитпункт ĕçне хальхи тапхăрта мĕнле организацилесси, мĕнле ыйтусем тĕп вырăнта тăрасси, агитаторсен коллективне квалификациллĕ кадрсемпе çирĕплетесси çинчен витĕмлĕ консультаци пани пулмарĕ.

КПСС райкомĕ политикăллă-массăллă ĕçĕн шайне паянхи задачăсен çÿлĕшне хăпартма тăрăшманнине çак тĕслĕх те çирĕплетсе парать: суйлав кампанийĕ пуçланнăранпа паянхи куна çитсе те стена хаçачĕпе боевой листок редакторĕсен тата агитаторсен канашлăвне ирттерме вăхăт тупаймаççĕ.

Районта суйлав литературине, уйрăмах наглядлăй агитаци материалĕсене сарас ĕç те начар пырать. Ку тĕлĕшпе халĕ «Союзпичет» уйрăмĕсен оперативлă ĕçлемелле.

П. ПАВЛОВ.
Н. ВОЛКОВ.

## Массăсенчен уйрăлса кайнă пирки

Ишлей МТС-ĕнчи пуçламăш парторганизаци механизаторла кадрсене политикăллă воспитани парса, ĕç çине социализмла пăхма вĕрентес тĕлĕшпе япăх ĕçлет.

Пуриншĕн те паллă, МТС государствăн ялхуçалăхĕнчи пысăк предприятийĕ пулса тăрать. Вăл çулсеренех çĕнĕ те хăватлă техникăпа пуянланса пырать. Унпа лайăхрах усă курсан, МТС ялхуçалăхĕнчи ĕçсене пурне те вăхăтра тата пахалăх тĕлĕшĕнчен лайăх туса ирттерме пултарать.

Анчах МТС юлса пырать-ха. Парторганизаци отчетлă пухăвĕнче ĕçри çитменлĕхсен тĕп сăлтавĕсене уçса палăртмаллаччĕ, çав çитменлĕхсене пĕтермелли майсене кăтартса памаллаччĕ. Партбюро секретарĕ Малышев юлташ çавăн пек тумарĕ. Вăл васкаса сырнă отчетлă доклада 30 минут хушшинче вуласа пачĕ те, коммунистсене хумхантаракан ыйтусене хускатмасăр хăварчĕ.

Отчетлă доклад хыççăн ыйтусем нумай пулчĕç. Секретарь вара вĕсем çине ответлеймерĕ пулчĕ: кам мĕнле ĕçлени çинчен каласа пама манăн сведенисем çук, иртнĕ çулта хисеп хăми пулман, малта пыракансене хавхалантарма нимĕн те туман, стена хаçачĕ ноябрĕн 7-мĕшĕнчепе тухман, партин XIX-мĕш съезчĕн решенийĕсене вĕренес ĕçе кирлĕ пек йĕркелемен-ха,—çапла кăна каласа тухрĕ Малышев юлташ. Ĕçри çитменлĕхсемшĕн ответлăха хăй çинчен сирсе ярас шутпа, вăл çапла каласа хучĕ:

— Манăн МТС-ра ларса тăма вăхăт çук. Час-часах командировкăна яраççĕ, ялсене кайман чухне протоколсем çырса е хуçалăх енĕпе ĕçлесе вăхăт иртет.

Сăлтав унта мар. Малышев юлташ массăсенчен уйрăлса кайнă, вăл актив çине таянса ĕçлемест, хăйне вицесĕр мăнкăмăллă тыткалать.

КПСС Ишлей райкомĕн бюровĕ 1952 çулхи июлĕн 20-мĕшĕнче парторганизацин ертсе пырас ĕçри тата организаторла пултарулăхне ÿстерес шутпа, 5 çынтан партбюро суйламалла тунă. Коммунистсем партбюро членĕсем пулма МТС директорне Чупраков юлташа, унăн заместительне Малышев юлташа, механика Степанов юлташа тата бригадирсене Матросовпа Елахов юлташсене суйланă. Партбюро тунăранпа Малышев юлташ пĕр лару та ирттермен, бюро членĕсене нимĕнле поручени те паман. МТС директорĕ Чупраков юлташ парти райкомĕн членĕ, анчах вăл çак çитменлĕхпе килĕшсе ларнă. Çавăн пекех парторганизаци секретарĕ организацинчи ытти коммунистсене те партиллĕ ĕçе явăçтарман, МТС тунă хăшпĕр çитенÿсемпе лăпланса ларнă, вĕсемпе капăйчăкла мухтанма юратнă.

Отчетлă докладра вăл 1952 çулхи плана, пĕтĕмĕшпе илсен, 109,4 процент тултарни çинчен каларĕ. Ĕçри пысăк çитменлĕхсем çинчен шарламарĕ. Коммунист Т. Ефимов юлташ ертсе пыракан бригада плана 95,5 процент çеç тултарнă. МТС дирекцийĕ колхозсемпе тунă договорсене çирĕп пурнăçлассишĕн кĕрешмест. Кĕрхи çĕртме тунă участоксене çуркунне сÿрелемелли плана 17 процент, хăмăл сухаламалли плана 9,7 процент, хура çĕртме тумалли плана 36 процент, вылăх апатне вĕтетсе турамалли плана 9,6 процент çеç тултарнă. МТС-ри пĕр бригада та договорпа палăртнă ĕçсен планне тултарман.

МТС руководителĕсем договорсем çине ахаль хут çине пăхнă пек пăхаççĕ. Пуçламăш парторганизацине унăн секретарĕ Малышев юлташ МТС дирекцийĕн хуçалăхлă ĕçне тĕрĕслемеççĕ, ĕçри çитменлĕхсемшĕн айăплисене ответ тыттармаççĕ. МТС-ра хуçасăрлăха пĕтермен. Кунта пурте «хуçа» пулма юратаççĕ. Бригадирсем хăйсем пĕлнĕ пек ĕçлеççĕ, тепĕр чухне вĕсем директор паракан приказсене те пăхăнмаççĕ. Единоначалие тата дисциплинăна çирĕплетес тĕлĕшпе пуçламăш парторганизаци нимĕн те тумасть: механизаторсен пухăвĕсене ирттермеççĕ, вĕсем валли лекцисемпе докладсем туса памаççĕ.

Хальхи вăхăтра механизаторсен пĕр пайĕ тракторсемпе ялхуçалăх машинисем юсанă çĕрте ĕçлеççĕ. Вĕсем хушшинче те политикăллă-массăллă ĕçе йĕркелемен. Тăваттăмĕш кварталта тракторсем юсаса кăлармалли плана пурĕ те 68 процент çеç тултарнă. Парти членĕ Ерманов юлташ каланă тăрăх, юсав ĕçĕсем лайăхланасси курăнмасть. Мĕншĕн тесен, тимĕр тата запаслă пайсем çук, мастерскойра ĕçлекенсене никам та ертсе, кăтартса пымасть. Трактор пайĕсене çуса тасатма шыв ăшăтса памаççĕ, шыв вĕретме вутă та çук, машина пайĕсене тасатма çĕтĕк татăкĕсем памаççĕ.

— Эпир кунта ĕçлеме пухăнтăмăр, анчах ним тума та аптăраса тăратпăр, вăхăта усăсăр ирттеретпĕр,—терĕ пухура Ерманов юлташ. Çавăн пекех вăл хăйне панă партпоручение мĕншĕн пурнăçламанни çинчен каласа пачĕ.—Мана стена хаçачĕн редакторĕ турĕç. Ĕçе мĕнле йĕркелесе ярасси пирки нимĕнле кăтарту та памарĕç, хаçатăн умстатьисене çыракан та тупăнмарĕ.

Парти членне Г. Романов юлташа МТС-ри рабочком председателĕ пулма суйланă. Вăл хăйĕн ĕçне туса пыма пĕлмен пирки ăна юхăнтарса янă. Механизаторсемпе рабочисем хушшинче социализмлă ăмăртăва организацилемен. Парторганизаци профсоюз организаци ĕçĕпе интересленмен.

Иванов тата Сударев коммунистсем тракторсемпе ялхуçалăх машинисене юсас ĕçре çирĕп йĕрке çукки çине кăтартса пачĕç. Ĕçе тухман çынсем сахал мар. Шаров юлташ 3 кун хушши ĕçре пулман. Валиновпа Шуркин трактористсем хăйсене хушнă ĕçрен пăрăнса тăраççĕ. Çапла пулин те парторганизаци секретарĕ Малышев юлташпа МТС директорĕ Чупраков юлташ мастерскойра пулса ĕçе лайăхлатма тăрăшмаççĕ.

Малышев юлташ каланă тăрăх, парти райкомĕ хăйĕн бюровĕнче час-часах МТС тата парторганизаци ĕçĕсем çинчен сÿтсе явать, пысăк решенисем йышăнать, ĕçре пулăшма пулать. Анчах çав решенисем вара райкомăн «папкинчех» выртса юлаççĕ, решени мĕнле пурнăçланине те тĕрĕслемеççĕ, парти райкомĕн инструкторĕсемпе пропагандисчĕсем тата лекторĕсем МТС-ра пулмаççĕ.

Отчетлă пухура та райком секретарĕсенчен пĕри те пулмарĕ.

В. ЧЕРНОВ.

# Тăван çĕршыва йывăç ытларах хатĕрлесе парар!

## Элĕк районĕ юлса пынине пĕтермелле

Элĕк районĕ вăрман хатĕрлевĕ енĕпе çулсеренех юлса пырать. Çакă райсовет исполкомне хумхантармасть пулмалла. Вăрман хатĕрлев сезонĕ пуçланнăранпа виçĕ уйăх иртрĕ. Район каснă йывăçа çул хĕррине илсе тухмалли плана пурĕ те 9 процент, турттарса кăлармалли плана—19 процент кăна тултарнă. Йывăç касса хатĕрлес ĕç те япăх пырать. Кĕскен каласан, район чи юлса пыракан, республикăна каялла чакаракан районсенчен пĕри пулса тăрать.

Иртнĕ çулхи октябрьпе ноябрь уйăхĕсенче райсовет исполкомĕнче ĕçлекенсем хăйсен çаврăнăçусăрлăхне çанталăк паха маррипе витме пăхаччĕç. Юлашки вăхăтра çанталăк йывăç касма та, турттарма та калама çук лайăх тăчĕ. Апла пулин те районта ĕçсем улшăнмаççĕ. График тăрăх Пăрачкав вăрманпромхозĕнче кулленех 280 çын çуран, 285 çын лавпа ĕçлемелле. Январĕн 6—7-мĕшĕсенче 15 çын çуран, 44 çын лавпа ĕçленĕ. Вĕсем темĕн пек тăрăшса ĕçлесен те района панă заданиене вăхăтра пурнăçлама пултараймаççĕ. Ĕç хăвăртлăхне ÿстермесен район плана çулталăк вĕçленичченех те тултараймасть.

Район юлса пыни мĕнрен килет-ха? Тен, ăна пысăк план панă? Е унăн ĕç вăйĕпе туртăм вăйĕ çитмест? Районта ĕç вăйĕпе туртăм вăйĕ кÿршĕри Муркаш районĕнчинчен ытларах. Апла пулин те Элĕк районĕ Тăван çĕршыв валли йывăç виçĕ хута яхăн сахалрах касса хатĕрленĕ, тăватă хут ытла сахалтарах турттарса кăларнă.

Райсовет исполкомĕн председателĕ Ярдухин юлташ ял Совечĕсемпе колхозсен руководителĕсен ответлăхне ÿстерме, райсовет депутачĕсене ĕçе хутшăнтарма тăрăшмасть. Вăрман хатĕрлевĕн халăх хуçалăхĕнчи пĕлтерĕшĕ çинчен районта массăллă-агитациллĕ ĕçе йĕркелемен, партипе совет общественноçне мобилизацилемен.

Сарпăлат ял Совечĕ вăрман хатĕрлевĕ тĕлĕшпе нимĕн те тумасть темелле. Ял Совечĕн председателĕ Михайлов юлташ ку ĕçрен пачах аяккинче тăрать. Ял Советне кĕрекен «Дружба» колхоз председателĕ Кузьмин юлташ хăйĕн Тăван çĕршыв умĕнчи ответлăхне туймасть. Колхозăн 1.000 кубометр касса хатĕрлемелле, 1.100 кубометр турттарса кăлармалла. Ку таранччен вара мĕн пурĕ те 200 кубометра яхăн йывăç касса хатĕрленĕ, турттарма тытăнман та. Декабрьте вăрмана пĕр ушкăн тухса кайнă. Кузьмин юлташ вĕсене плана тултаричченех ĕçлеме хушман, вĕсем вырăнне тепĕр смена яма пулнă.

«За мир» колхоз председателĕ Шулаев юлташ та государство заданине тултарассишĕн кĕрешмест, вăрмана ĕç вăйĕпе туртăм вăйĕ кирлĕ чухлĕ уйăрса ямасть.

Çак çитменлĕхсене пĕтерме Сарпăлат ял Совечĕн пур майсем те пулнă. Анчах Михайлов юлташ çак майсемпе усă курман, ялти актива, депутатсене ĕçе явăçтарман, ĕç хăйне хăй пуласса шанса ларнă.

Малта пыракан районсенче вăрманта ĕçлекенсене ертсе пыма, вĕсен ĕç тухăçлăхне ÿстерме, час-часах улшăнса тăрассине пĕтерме колхоз председателĕн заместителĕсене е правлени членĕсене уйăрса яраççĕ. Элĕк районĕнче çак паха опытпа усă курмаççĕ. Хрущев ячĕпе тăракан колхоз членĕсене ертсе пыракан çын пулман. Çавăнпа вĕсем ĕçе тытăнмасăрах каялла тавраннă.

Пăрачкав вăрманпромхозĕнче райисполком председателĕн заместителĕ Филимонов юлташ чылай вăхăт хушши пурăннă. Анчах вăл колхозниксем хушшинче ĕç дисциплинине çирĕплетме тивĕçлĕ мерăсем йышăнман, бригадирсене сахал пулăшнă.

Вăрман хатĕрлемелли плана тултарасси—вырăнти Советсен ответлă задачи. Совет исполкомĕсен организациллĕ-массăллă ĕçе вăйлатмалла, халăхсен анлă массисемпе таччăн çыхăнса ĕçлемелле. Ĕçе пĕлсе йĕркелесен вĕсем кирек мĕнле йывăрлăхсене те пĕтерме пултараççĕ. Вĕсен паха пуçарăвне ĕçсыннисем тулли кăмăлпа йышăнаççĕ. Совет халăхĕ суйлав кунне ĕçри çĕнтерÿсемпе кĕтсе илме хатĕрленет.

Райисполкомпа ял Совечĕсен вăрман хатĕрлес ĕçе тĕппенех вăйлатмалла, колхозниксем хушшинче социализмлă ăмăртăва анлăн сарса пымалла, Тăван çĕршыв заданине чыслă пурнăçлама татăклă мерăсем йышăнмалла.

П. ИВАНОВ.

## Руководительсен ответлăхне ÿстермелле

Красноармейски районĕнчи хăшпĕр колхозсен членĕсем вăрманта тăрăшса ĕçлеççĕ. «Герой» колхозран 43 çын ĕçлет. Вĕсене колхоз председателĕн заместителĕ Димитриев юлташ ертсе пырать. Пуçламăш парторганизаци секретарĕ Павлов юлташ колхозниксем хушшинче массăллă-агитациллĕ ĕçе туса пырать. Чылай колхозниксем ĕç нормине 125-шер процент тултарса пыраççĕ.

Районти 31 колхозран 17 колхоз вăрман касса хатĕрлемелли плана 20 процент таран та тултарман. Çакă вăл ял Совечĕсемпе колхозсен председателĕсем хăйсен ответлăхне çухатнинчен, государство заданине пурнăçлама массăсене начар мобилизациленинчен килет. Хăшпĕр колхозсенче вăрман хатĕрлекен бригадăсене ертсе пыма ответлă çынсем уйăрман. Ленин ячĕпе тăракан колхоз правленийĕ бригадир пулса ĕçлеме Н. Ефремов юлташа уйăрнă. Вăл çынсене вырăна илсе çитермесĕрех каялла таврăннă. Н. Ефремов юлташ—коммунист, колхоз председателĕн заместителĕ. Ĕçе йĕркелекен çуккипе колхозниксем виçĕ кун ĕçсĕр пурăнчĕç. «Родина» колхоз председателĕ Н. Павлов юлташ вăрман хатĕрлевĕпе интересленмест. Ял Совечĕ вăрмана яма палăртнă çынсене вăл урăх заданисем панă.

Район вăрман хатĕрлемелли плана çулсеренех тултармасть. Çакăншăн пуринчен ытла райсовет исполкомĕ тата унăн председателĕ Гринев юлташ ответлă. Вĕсем малта пыракан колхозсен опытне сарма, ял Совечĕсемпе колхозсен руководителĕсен ответлăхне ÿстерме тăрăшмаççĕ. Вырăнти Советсен суйлавĕ ячĕпе социализмлă ăмăртăва анлă сарса, вăрман хатĕрлевĕнче татăклă улшăну тăвас пулать.

В. МИХАЙЛОВ.

## Съезд материалĕсене вĕренеççĕ

СЕНТЕР. Районти колхозсенче, предприятисенче тата учрежденисенче Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн XIX-мĕш съезчĕн историллĕ решенийĕсене тата И. В. Сталин юлташăн «ССР Союзĕнчи социализмăн экономикăллă проблемисем» ятлă гениллĕ произведенине пропагандăлас ĕç вăйлансах пырать. Çак кунсенче нумай колхозниксем, ялхуçалăх механизаторĕсем, учительсем, медицина работникĕсем, ялхуçалăх специалисчĕсем, рабочисемпе служащисем партин XIX-мĕш съезчĕн решенийĕсем тата И. В. Сталин юлташăн гениллĕ произведенийĕ çинчен докладсемпе лекцисем итлерĕç.

Нумаях пулмасть КПСС Чăваш обкомĕн лекторĕ Царев юлташ «И. В. Сталин юлташăн «ССР Союзĕнчи социализмăн экономикăллă проблемисем» ятлă произведенийĕ — марксизм-ленинизм теорине кĕнĕ пуянлăх» ятлă темăпа лекци вуласа пачĕ.

Ворошилов ячĕпе тăракан, «Заря», «Новая Юнга», «Слава», Жданов ячĕпе тăракан колхозсенчи агитаторсем колхоз членĕсем валли парти съезчĕн решенийĕсем çинчен тăтăшах докладсем туса параççĕ. КПСС Чăваш обкомĕн пропагандăпа агитаци пайĕ панă тематика тăрăх районта 200 ытла лекцисемпе докладсем ирттернĕ.

КПСС райкомĕн пропагандăпа агитаци пайĕ районти культурăпа çутĕç работникĕсен икĕ кунлăх семинарне ирттерчĕ. Семинара пухăннисем «Партин XIX-мĕш съезчĕн решенийĕсем тата культурăпа çутĕç учрежденийĕсен задачисем» тема тăрăх лекци итлерĕç тата съезд материалĕсене пропагандăлас тĕлĕшпе методикăллă кăтартусем илчĕç.

П. СКВОРЦОВ.

## Ялти библиотекăра

СОВЕТСКИ. Турай ял Советĕнчи клубра çĕнĕ, пысăк библиотека уçрĕç. Библиотекăра кĕнекесен хисепĕ ÿссех пырать. Вулакансен йышĕ те пысăк. Вĕсем 1952 çулта 1.764 кĕнеке илсе вуланă.

А. Федоров библиотекарь вулакансене яланах ăшăн кĕтсе илет. Библиотекăра кашни уйăхрах вулакансен конференцине ирттереççĕ. Нумаях пулмасть «Çамрăк гварди» кĕнеке тăрăх конференци пулчĕ.

Библиотека çумĕнче куçса çÿрекен 6 библиотека тунă.

М. СТЕПАНОВА.

### Агитаторсене пулăшма

## Государство власçĕн вырăнти органĕсем

Февралĕн 22-мĕшĕнче пирĕн республикăра вырăнти Советсен суйлавĕ пулать. Вырăнти Советсен пĕлтерĕшĕ пысăк. Ĕçсынни депутачĕсен вырăнти Совечĕсем—государствăн халăха чи çывăх, массăллă организацийĕсем. «Советсем вĕсем массăсен тÿррĕмĕнех хăйсем тунă организацийĕсем,—тенĕ Сталин юлташ,—урăхла каласан, чи демократиллĕ тата, çапла вара, массăсен чи авторитетлă организацийĕсем пулса тăраççĕ; çав организацисем массăсене çĕнĕ государство туса йĕркелес ĕçе тата ăна тытса пырас ĕçе хутшăнма питех те çăмăллатаççĕ,.. массăсен революциллĕ хастарлăхне, пуçарулăхне, творчествăллă пултарулăхне питех те анлăн сарса яраççĕ».

Пирĕн çĕршывра Октябрьти Социализмлă Аслă революци çĕнтернипе, помещиксемпе капиталистсен власне сирпĕтсе антарнипе ĕçсынни депутачĕсен Совечĕсем ÿссе тĕрекленчĕç, вĕсем пролетариат диктатурин государствăллă форми пулса йĕркеленчĕç, власть органĕсем пулса тăчĕç. Советсем, Ленин—Сталин партийĕ ертсе пынипе, рабочисемпе ĕç хресченĕсен нумай миллионшар массисене социализм тăвассишĕн кĕрешме, эксплуататорсене хирĕç кĕрешме пĕрлештерчĕç. Çав кĕрешÿре совет халăхĕ яланах çĕнтерсе пычĕ, Тăван çĕршыв вăй-хăватне ÿстерчĕ.

Аслă Отечественнăй вăрçăри çĕнтерÿсем тата вăрçă хыççăнхи мирлĕ строительство ăнăçлă аталанса пыни советлă обществăпа государство стройĕ çирĕп пулнине, çак строй чăннипех те халăх стройĕ, обществăна организацилемелли чи лайăх форма пулнине тепĕр хут кăтартса пачĕç.

Ĕçсынни депутачĕсен Совечĕсем—пирĕн государствăн политикăллă никĕсĕ. Пирĕн çĕршывра пĕтĕм власть ĕçсынни депутачĕсен Совечĕсем урлă хулапа ялти ĕçсыннисен аллинче тăрать. Пĕтĕм халăх пĕр тан тата тулли правăпа усă курса, тĕнчери чи демократиллĕ йĕркене пурнăçланипе суйланакан Советсем—чăннипех те ĕçсыннисен представителĕсенчен тăракан органсем. Советсем тулли власçлă органсем пулса тăраççĕ.

Пирĕн çĕршывра депутатсене халăх суйлать, вĕсен ĕçне халăх тĕрĕслесе тăрать, халăх кирек хăш вăхăтра та депутата каялла чĕнсе илме пултарать.

Совет çĕршывĕнче государство власçĕн органĕсем пĕрлĕхлĕ. Вĕсем пурте халăх ирĕкне пурнăçлас тĕлĕшпе ĕçлеççĕ. Власçăн хăш органĕ мĕнле ĕçсем тумаллине СССР Конституцийĕнче тĕппĕн кăтартса панă. Сăмахран, ял Совечĕ хăйĕн территорийĕнче, район Совечĕ—район территорийĕнче власть органĕ пулса тăрать. Государство власçĕн вырăнти органĕсем мĕнле ĕçсем тума тивĕçли çинчен СССР Конституцийĕн 97-мĕш статьинче çапла çырса хунă:

«Ĕçсынни депутачĕсен Совечĕсем хăйсене пăхăнса тăракан управлени органĕсен ĕçĕсене ертсе пыраççĕ, государство йĕркелĕхне сыхласа тăраççĕ, законсене пурнăçа тĕрĕс кĕртмелле тата граждансен прависене сыхламалла тăваççĕ, вырăнти хуçалăхпа культура ĕçне ертсе пыраççĕ, вырăнти бюджета тăваççĕ».

Вырăнти Советсем хăйсене панă законлă право таран решенисем йышăнаççĕ, распоряженисем параççĕ. Çав вăхăтрах кашни Совет, çав шутра ял Совечĕ те, районти тата республикăри ĕçсемпе çыхăнса тăракан ыйтусене те сÿтсе явма, хăйĕн сĕнĕвĕсене çÿлти органсене тăратма пултарать.

Власçăн аслă органĕсемпе вырăнти органĕсем пĕр-пĕринпе тачă çыхăнса ĕçлесси демократиллĕ централизм принципĕ çинче никĕсленсе тăрать. Центрти власть органĕсем вырăнти власть органĕсене кăтартусем параççĕ. Çав кăтартусене вырăнти Советсем çирĕппĕн пурнăçласа пыма тивĕçлĕ. Çавăнпа пĕрлех вырăнти Советсем çÿлти власть органĕсене хăйсен шухăшĕсене пĕлтерме, хăйсен сĕнĕвĕсене тăратма пултараççĕ. Советлă социализмлă государствăра власть органĕсен ĕçĕсем çапла йĕркеленсе тăраççĕ ĕнтĕ.

Пачах урăхла капитализмлă çĕршывсенче. Буржуаллă государствăсенче управлени ĕçĕсене туса пырассинче демократиллĕ йĕрке çук. Çав çĕршывсенче «вырăнти самоуправлени» текенскерсем пур. Чăннипе вара «самоуправлени» ĕçне халăх хутшăнмасть, унта буржуази уйăрса лартнă çынсем çеç. Буржуази ĕçсынни массисене государствăна тытса тăрас ĕçе хутшăнма памасть. Власть органĕсенче эксплуататорсем çеç. Вĕсем капиталистсен интересĕсене хÿтĕлеççĕ. «Вырăнти самоуправленисем» государство ĕçĕсене хутшăнмаççĕ, вĕсем иккĕмĕш вырăнта тăракан ĕçсене — пуринчен ытларах хуçалăхлă ĕçсене çеç татса параççĕ. Буржуаллă государствăсенче пур çĕрте те вырăнти власть чăннипе центральнăй правительство е президент уйăрса лартнă префект (губернатор) аллинче. Англире центрти власть органĕсем графствăсенчи (областьсенчи) инспекторсене уйăрса лартаççĕ, вырăнти органсем вара çав инспекторсем мĕн хушнине çеç туса тăраççĕ. США-ра муниципалитетсем пурте электричество тата газ предприятисен компанийĕсемпе çыхăннă çынсем аллинче. Çав çынсем политикăллă пурнăçра та, хуçалăхлă ĕçре те пуçпулса тăраççĕ. США-ра центрти органсемпе вырăнти органсем çыхăнса тăрассинче çарпа полициллĕ централизм тĕп вырăнта тăрать.

Октябрьти Социализмлă Аслă революцичченхи пирĕн çĕршывра вырăнти власçра камсем тăнă-ха?

Патша Российинче губернаторсем, градоначальниксем, земски начальниксем, вулăс старшинисемпе ял старостисем пулнă. Пур ĕçе те вĕсем татса панă. Центральнăй власçăн представителĕсемпе пĕрлех, ялă вырăнсенче — земствăсем, хуласенче — хула думисем пулнă, вĕсем вырăнти самоуправлени органĕсем шутланнă. Çав органсене суйласси сословисем тăрăх пулса иртнĕ, дворянсем суйланă депутатсен хисепĕ 50 процент ытла пулмалли йĕрке пулнă. Вырăнти самоуправлени хуçалăхри пĕчĕк ĕçсене кăна татса панă. Вĕсем йышăннă решенисем центральнăй власçăн представителĕ çирĕплетмесĕр вăй илеймен.

Ялта халăх пухăвĕ хресченсен самоуправлени органĕ шутланнă. Ял пухăвĕ староста пулма тата хырçă пухма çынсем уйăрнă. Пухура кулаксемпе пуянсем пĕтĕм ĕçе татса панă.

Ял халăхĕ уйăрса янă çынсем вулăс пухăвĕнче старшина суйланă. Старшинан хресченсем çине штраф хума тата хресченсене тытса хупма право пулнă. Ял пухăвĕсемпе вулăс пухăвĕсем йышăннă постановленисене земски начальник çирĕплетнĕ. Вăлах староста е старшина суйласси çинчен йышăннă постановлене çирĕплетме те, пăрахăçлама та пултарнă. Çапла вара, чăннипе халăх самоуправленийĕн ĕçне хутшăнайман, власть пĕтĕмпех çÿлти органсем уйăрса лартнă çынсен аллинче пулнă.

Октябрьти Социализмлă революци буржуаллă государство машинине тĕппипех аркатса тăкрĕ, çĕнĕ йышши государство — рабочисемпе хресченсен государствине туса хучĕ. Рабочи класс диктатурин государствăллă форми пулса тăракан Советсем çултан-çул тĕрекленсе пычĕç.

Сталинла Конституцире тунă йĕрке тăрăх, ĕçсынни депутачĕсен Совечĕсене суйлавçăсем пурне те тивĕç, пĕр тан тата тÿрех суйламалли правăпа, вăрттăн сасăласа суйлаççĕ. СССР Конституцийĕ кашни суйлавçă хăйĕн суйлав правипе тулли усă курмалли йĕрке тунă.

Пирĕн суйлавсем пĕтĕм тĕнчере пĕртен-пĕр чăннипех ирĕклĕ, чăннипех демократиллĕ суйлавсем пулса тăраççĕ.

Çавăн пек ирĕклĕ те чăннипех демократиллĕ суйлавсем социализмлă йĕркесем çĕнтернĕ никĕс çинче, пирĕн çĕршывра социализм халăхăн кулленхи пурнăç йĕркине кĕнĕ никĕс çинче кăна пулса тăма пултарнă.

Ĕçсынни депутачĕсен вырăнти Совечĕсене икĕ çуллăха суйлаççĕ. Район Совечĕсен сессийĕсем çулталăкра ултă хутран кая мар, хула, поселок тата ял Совечĕсен сессийĕсем уйăхра пĕр хутран кая мар пухăнаççĕ.

Район тата хула Совечĕсем хăйсен исполкомĕсене суйлаççĕ тата управленин тĕрлĕ ĕçĕсем енĕпе ĕçлеме исполком пайĕсене туса хураççĕ.

Ĕçсынни депутачĕсен Совечĕсем хуçалăхпа культура строительствин тĕп отраслĕсем енĕпе ĕçлеме яланхи комиссисем туса хураççĕ. Комиссисем суйлавçăсен активĕ çине таянса ĕçлеççĕ, хăйсен ĕçне актива анлă хутшăнтараççĕ.

Вырăнти Советсен полномочийĕсем çинчен Чăваш АССР Конституцийĕн 51-мĕш статьинче çапла каланă:

«Ĕçсынни депутачĕсен (район, хула, поселок тата ял) Совечĕсем хăйсен территорийĕнче культурăпа политика тата хуçалăх строительствине ертсе пыраççĕ, вырăнти бюджета тăваççĕ, хăйсене пăхăнса тăракан управлени органĕсен ĕçĕсене ертсе пыраççĕ, государство йĕркелĕхне сыхласа тăраççĕ, çĕршывăн оборона хăватне вăйлатма пулăшаççĕ, законсене тĕрĕс тытса пырассине тата граждансен прависене сыхлассине пурнăçлаççĕ».

Вырăнти Советсен пур ĕçсыннисем те, организацисем те законсене мĕнле пурнăçласа пынине, законсене пăхăнса ĕçленине яланах тĕрĕслесе тăрас пулать. Обществăллă, социализмлă харпăрлăха — государство тата колхозпа коопераци пурлăхне сыхласа усрасси, Ялхуçалăх артелĕн Уставне çирĕп пурнăçласа пыма тимлĕ тăрăшасси — вырăнти Советсен задачи пулса тăрать.

Вырăнти Советсем умĕнче тăракан тĕп ĕç вăл — Коммунистсен партийĕн XIX-мĕш съезчĕ йышăннă решенисене пурнăçлассишĕн кĕрешесси пулса тăрать. Парти съезчĕ пиллĕкмĕш пилĕк çуллăх план тĕлĕшпе панă директивăсене пурнăçлама ĕçсынни массисене мобилизацилесси — вырăнти Советсен чи пысăк та ответлă ĕçĕ.

Нумаях пулмасть Чăваш АССР Верховнăй Совечĕн виççĕмĕш сессийĕ пулчĕ. Сесси «Чăваш АССР-ĕнчи ĕçсынни депутачĕсен Совечĕсен ĕçĕсем тата вĕсен ĕçĕсене лайăхлатмалли мерăсем çинчен» постановлени йышăнчĕ. Çав постановленире палăртнă конкретлă задачăсене пурнăçлассишĕн çине тăрса ĕçлемелле. Вырăнти Советсен ертсе пырас ĕçĕн шайне пĕрмаях ÿстерсе пымалла, массăсен творчествăллă пуçарулăхне аталантармалла, çĕннине, малта пыракансен опытне анлă сармалла, пиллĕкмĕш пилĕк çуллăх плана ăнăçлă тултарас тĕлĕшпе ĕçсыннисем ăмăртса ĕçлессине вăйлатмалла, ĕçсыннисене пирĕн çĕршывра коммунизм тумалли аслă программăна пурнăçлама мобилизацилес пулать.

М. АЛЕКСЕЕВ.
Чăваш АССР Юстици министрĕ.

# Шупашкар хулинчи учительсен канашлӑвӗ

Январӗн 7—9-мӗшӗсенче Шупашкар хулинчи учительсен канашлӑвӗ пулса иртрӗ. Канашлура Совет Союзӗнчи Коммунистсен партийӗн XIX-мӗш съезчӗ йышӑннӑ историллӗ решенисенчен шкулсем умне тухса тӑракан задачӑсем ҫинчен КПСС Шупашкар хула комитечӗн секретарӗ Н. Н. Никитин юлташ доклад туса пачӗ.

— Партин XIX-мӗш съезчӗ йышӑннӑ историллӗ решенисемпе хавхаланса,—тет докладчик, — партипе правительство шкулсем умне лартнӑ пысӑк задачӑсене ӑнӑҫлӑн татса парас тесе, хулари шкулсенче вӗрентекен учительсемпе педагогика коллективӗсем активлӑ ӗҫлеҫҫӗ, вӗрентӳпе воспитани ӗҫне кӑллен-кун лайӑхлатса пыраҫҫӗ. Малта пыракан учительсем, хӑйсен халӑх умӗнчи тивӗҫне яланах асра тытса, совет ачисене вӗрентсе воспитани парас ӗҫре ответлӑ та хисеплӗ ӗҫре лайӑх тӗслӗхсем кӑтартаҫҫӗ.

Пирӗн хӑшпӗр шкулсенче вӗрентӳ ӗҫӗн идейӑпа теори шайӗ сӳлте тӑмасть-ха. Сӑмахран, 2-мӗш вӑтам шкулта (директорӗ Арбатов юлташ) 669 ҫынтан 64 ҫын, 11-мӗш вӑтам шкулта (директорӗ Богатырева юлташ) 1066 ҫынтан 171 ҫын вӗренӳре ӑлкӗрсе пыраймаҫҫӗ.

Вӗрентӳпе воспитани ӗҫӗн пахалӑхӗ, чи малтан, учителӗн теорипе политикӑллӑ шайӗнчен, унӑн педагогика ӑсталӑхӗнчен, хӑйӗн хисеплӗ ӗҫне тӑрӑшса, тӳрӗ кӑмӑлпа туса пынинчен килет. Ҫавӑнпа та учительсен хӑйсен те яланах вӗренмелле, ӗҫри квалификацине ӳстерсе пымалла.

Совет Союзӗнчи Коммунистсен партийӗн XIX-мӗш съезчӗ ҫичӗ ҫул вӗрентес ӗҫрен пурне те вунӑ ҫул вӗрентес ӗҫе куҫма йышӑнни Сталин юлташ кӑтартса панӑ задачӑна—пур рабочисемпе хресченсене культурӑллӑ та вӗреннӗ ҫынсем тӑвас задачӑна пурнӑҫа кӗртес ӗҫре ҫӗнӗ пысӑк утӑм пулса тӑрать.

— Пирӗн шкулти педагогика коллективӗ,—тет 4-мӗш вӑтам шкул директорӗ Ижойкин юлташ,—ачасене вӗрентсе воспитани парас ӗҫре хӑшпӗр ҫитӗнӳсем турӗ: ачасем аванрах вӗренме пуҫларӗҫ, дисциплина лайӑхланчӗ. Сӑмахран, вырӑс чӗлхипе литература вӗрентекен учительница Бородина юлташ, истори вӗрентекен учительница Максимова юлташ тата ыттисем те лайӑх тӗслӗхсем кӑтартаҫҫӗ. Анчах пирӗн пысӑк ҫитменлӗхсем те пурха. 6-мӗш классенче виҫӗ класра 115 ачаран 39 ача вӗренӳре юлса пыраҫҫӗ. Пуринчен ытла вырӑс чӗлхипе пӗлӳ ҫитеймест. Пирӗн физика тата химӗ кабинечӗсем ҫук, вӗренӳ хатӗрӗсем ҫитмеҫҫӗ.

Ижойкин юлташ хула Совечӗн исполкомне шкулсене тивӗҫлӗ пулӑшу паманшӑн критиклет.

11-мӗш вӑтам шкул преподавателӗ Полякова юлташ математика предмечӗсене вӗрентнӗ опытпа паллаштарчӗ. Вӗреннине ҫирӗплетсе хӑварас ӗҫре наглядлӑ пособисем пысӑк вырӑнта тӑраҫҫӗ. Наглядлӑ пособисене нумайӑшне вӗренекенсем хӑйсем туни паха.

Шкулсенче вӗрентӳпе воспитани ӗҫне лайӑхлатас тӗлӗшпе учительсен кадрӗсене тӗрӗс вырнаҫтарса тухни пысӑк вырӑнта тӑрать.

— Анчах,—тет Иванова юлташ (8-мӗш вӑтам шкул)—Чӑваш АССР Ҫутӗҫ министерстви ҫак паха ӗҫ ҫине кирлӗ пек пӑхмасть. Сӑмахран, пирӗн шкулта кӑҫалхи вӗренӳ ҫулӗн малтанхи ҫур ҫулӗнче пилӗк завуч улшӑнчӗ.

6-мӗш вӑтам шкул директорӗ Иварбеев юлташ вӗренекенсем инҫетре пурӑнакан шкулсенче интернатсем уҫма кирли ҫинчен калать.

Канашлура ҫавнашкалах ҫамрӑк рабочисен 1-мӗш шкулӗн директорӗ Сучков, 11-мӗш вӑтам шкулӑн завучӗ Варламова, 1-мӗш вӑтам шкул учительници Семенова, 2-мӗш вӑтам шкул директорӗ Арбатов, Чӑваш АССР Ҫутӗҫ министрӗ А. Токарев, Ҫутӗҫ пайӗн заведующийӗ В. Семенова юлташсем тата ыттисем те тухса каларӗҫ.

Канашлу партин XIX-мӗш съезчӗ йышӑннӑ историллӗ решенисем тӑрӑх шкулсенчи вӗрентӳпе воспитани ӗҫне лайӑхлатас тӗлӗшпе тивӗҫлӗ решени йышӑнчӗ.

*„Коммунизм ялавӗ“ хаҫатра ҫырнӑ хыҫҫӑн*

## „Правлени ответлӑха туймасть“

Вӑрмар районӗн ялхуҫалӑх пайӗ «Коммунизм ялавӗ» хаҫатра 1952 ҫулхи ноябрӗн 22-мӗшӗнче пичетленсе тухнӑ «Правлени ответлӑха туймасть» ятлӑ ҫырура ҫитменлӗхсене тӗрӗс кӑтартса пани, ҫитменлӗхсене пӗтерес тӗлӗшпе тивӗҫлӗ мерӑсем йышӑнни ҫинчен пӗлтерчӗ.

«Гигант» колхозра обществӑллӑ выльӑх-чӗрлӗх ӗрчетес ӗҫе лайӑхлатасси ҫинчен колхоз членӗсен бригадӑсенчи пухӑвӗсенче, ял Совет исполкомӗн сессийӗнче, район Совет исполкомӗн ларӑвӗнче сӳтсе явнӑ. Колхоз правленийӗ фермӑсенчи выльӑхсене тивӗҫлипе хӗл каҫарма чылай ӗҫсем туса ирттернӗ. Фермӑри сысnасене усрама иккӗмӗш вите туса пӗтерсе, унта кухня уҫнӑ, сыснасене пӑхма лайӑх услови туса панӑ.

### Тӗрӗслеме янӑ ҫырусем тӑрӑх

Советски райисполкомӗн председателӗ И. Соловьев юлташ Суворов ячӗпе тӑракан колхоз бригадирӗ Иванова юлташ вӑрман хатӗрлевне кирлӗ пек хакламанни ҫинчен колхозниксем тӗрӗс ҫырни, вӑрманта ӗҫleме сынсем уйӑрса яма колхоз правленийӗ паракан наряда вӑл чӑнах та вӑхӑтра пурнӑҫа кӗртсе пыманни ҫинчен пӗлтерчӗ. Ҫакӑншӑн Иванова юлташа асӑрхаттарнӑ.

Тивӗҫлӗ мерӑсем йышӑннӑ хыҫҫӑн бригадӑран вӑрманта ҫуран тата лашапа ӗҫлеме ҫынсем уйӑрса янӑ.

* * *

Сӗнтӗр районӗнчи Мичурин ячӗпе тӑракан колхозра пухса кӗртнӗ вӑрлӑхлӑх ҫӗрулмине тирпейлӗ сыхласа усраманни, иккӗмӗш бригадӑра кӑна 5 тонна ҫӗр улми шӑнтса яни ҫинчен «Коммунизм ялавӗ» хаҫат редакцине ҫыру килнӗччӗ. Редакци ҫырӑва Сӗнтӗр райисполкомӗн ялхуҫалӑх пайне янӑ.

Ялхуҫалӑх пайӗ ҫырура кӑтартнисем тӗрӗс пулни ҫинчен пӗлтерчӗ. Унта асӑннӑ ҫитменлӗхсене пӗтересси ҫинчен колхоз правленийӗн ларӑвӗнче сӳтсе явнӑ. Правлени ларӑвӗ вӑрлӑхлӑх ҫӗрулмине кӗске вӑхӑтра суйласа пӗтерттерме, иккӗмӗш бригадӑри ҫӗрулми усрамалли вырӑна ӑшӑтса ҫитерме, вӑрлӑхлӑх ҫӗрулмине, шӑнса пӑсӑлнӑ ҫӗрулмирен уйӑрнӑ хыҫҫӑн, сыхласа усрама кладовщик аллине пама йышӑннӑ.

# Тӑван ҫӗршыври медицинӑн паллӑ деятелӗ

Кӑҫалхи январӗн 13-мӗшӗнче вырӑс ученӑйӗ Алексей Герасимович Полотебнов вилнӗренпе 45 ҫул ҫитрӗ. Вӑл симӗс кӑмӑска (кӑвакарни) сывлӑхшӑн сиплӗ пулнине чи малтан сӑнаса пӗлнӗ.

Халӗ эпир хамӑр тӑван наукӑшӑн савӑнса, унӑн паллӑ представителӗсенчен пӗрне—А. Г. Полотебнова хисеплесе асӑнатпӑр. Вӑл симӗс кӑмӑска (кӑвакарни) сывлӑхшӑн сиплӗ пулнине пӗлсе, унпа чи малтан усӑ курнӑ, пенициллин текен чаплӑ эмеле шӑпах ҫав симӗс кӑмӑскаран тӑваҫҫӗ ӗнтӗ.

Тӗнчери иккӗмӗш вӑрҫӑ вӑхӑтӗнче сывлӑха сиплеме ҫӗнӗ эмелпе—пенициллинпа анлӑн усӑ курма тытӑннӑ. Медицина историйӗнче пенициллин пек хӑвӑрт сарӑлнӑ эмел пулман.

Пенициллин ҫав тери лайӑх эмел, ӑна пула кӗске срокрах нумай пин ҫын сывлӑхне сыхласа хӑварнӑ.

Буржуалла ученӑйсем пирӗн наука тунӑ открытисемпе изобретенисем ҫинчен юриех нимӗн те каламаҫҫӗ е намӑса пӗлмесӗр вӗсене хӑйсем тунӑ тесе мухтанаҫҫӗ. Буржуаллӑ ученӑйсем пенициллина Англи ҫынни Флемминг тупнӑ тесе ултала хӑтланаҫҫӗ.

Алексей Герасимович Полотебнов 1838 ҫулта ҫуралнӑ. Петербургри медицинӑпа хирурги академийӗнчен ылтӑн медальпе вӗренсе тухнӑ хыҫҫӑн, Полотебнова академире ӗҫлеме хӑварнӑ. Вӑл вырӑссен аслӑ клиницисчӗ С. П. Боткин патӗнче чи малтан вӗренекенсенчен пӗри пулнӑ.

Клиникӑра наука ӗҫне туса пынӑ хушӑрах Полотебнов обществӑллӑ-политикӑллӑ ӗҫе те активлӑ хутшӑннӑ. Ҫак ӗҫшӗн ӑна 1866 ҫулта патша жандармӗсем арестленӗ.

Доктор ятне илме диссертаци панӑ хыҫҫӑн Полотебнова, ӳт-тир чирӗсене сыватас ӗҫе мӗнле йӗркеленипе паллашма, ют ҫӗршыва янӑ. Ун чухне ют ҫӗршывсенчи ученӑйсем ӳт-тир чирӗсен «сӗткен пӑсӑлни» пирки пулаҫҫӗ, тенӗ, вӗсем чирлӗ ҫынна хӑйне тӗпчесе пӗлмен, ӳт ҫинчи сурана ҫеҫ тӗпченӗ. «Ку таранччен дерматологи (ӳт-тир чирӗсене тӗпчесе пӗлекен наука) чирсене ҫеҫ тӗпчесе пӗлнӗ; ҫав чирсемпе асапланакан ҫынсене тӗпчесе вӗренмен»,—тесе ҫырнӑ Полотебнов Российӑна таврӑнсан.

Хӑйӗн учителӗ С. П. Боткин вӗрентнине малалла аталантарса, Полотебнов ӳт-тир чирӗсем шалти органсен тата нерв системин чирӗсемпе ҫыхӑнса тӑнине кӑтартса панӑ. «Чӗрӗ ҫынна» сыватас пулать, унӑн ӳчӗ ҫинчи шатрана мар, тенӗ Полотебнов. Маҫсем сӗрсе, пӗр вырӑна кӑна сипленине вӑл хирӗҫ пынӑ, пӗтӗм организма сыватас пулать, тенӗ.

Хамӑр ҫӗршыври медицина историйӗнче Полотебнова «вырӑс дерматологин аслашшӗ» теҫҫӗ, мӗншӗн тесен вӑл ӳт-тир чирӗсене тӗпчес ӗҫе Российӑра чи малтан наука ҫулӗ ҫине тӑратнӑ.

Полотебнов тӗнчере чи малтан симӗс кӑмӑскапа ӳт-тир ҫинчи сурана (шӑтанюхана, ҫӑпансене) сиплеме тытӑннӑ. Ҫакӑн ҫинчен вӑл 1872 ҫулта «Медицинский вестник» ятлӑ журналта статья пичетлесе кӑларнӑ. Хӑйӗн сӑнавӗсем тӑрӑх, Полотебнов симӗс кӑмӑскапа ӳт-тир чирӗсенчен кӑна мар, ытти чирсенчен те сыватма май килнине пӗлнӗ.

Ҫапла ӗнтӗ вырӑс ученӑйӗ 80 ҫул ӗлӗкрех тӗнчене симӗс кӑмӑска сывлӑхшӑн сиплӗ пулнине кӑтартса панӑ. Анчах ун чухне химӗ науки вӑйсӑр пулнӑ пирки симӗс кӑмӑскаран эмел тума пултарайман.

А. Г. Полотебнов хӑй вӑхӑтӗнчи малта пыракан ученӑй пулнӑ. Вӑл ҫын пурнӑҫне сыхлас тесе ҫав тери нумай ӗҫленӗ. А. Г. Полотебнов 1907 ҫулта вилнӗ.

Врач Б. ПЛЕТНЕВ.

## Шкул валли ҫӗнӗ ҫурт

КАНАШ. Мӑкӑрти ҫичӗ ҫул вӗренмелли шкулта классем ҫитмен пирки ачасем икӗ сменӑпа вӗренетчӗҫ. Ҫӗнӗ ҫул умӗн кунта икӗ класлӑ ҫурт туса лартрӗҫ. Хӗллехи каникулсем хыҫҫӑн ачасем ҫутӑ та илемлӗ классенче вӗренме тытӑнаҫҫӗ.

Н. РОДИОНОВ.

Шупашкарти Карл Маркс урамӗнче 36 хваттерлӗ ҫурт тӑваҫҫӗ.

ӲКЕРЧӖК ҪИНЧЕ: каменщиксен бригадирӗ И. К. Муравьев тата стройкӑри чи лайӑх каменщик Н. В. Самсонов ҫуртӑн виҫҫӗмӗш хутне тумалли плана паллашаҫҫӗ.

Г. ЗИНЬКОВ фотоӳкерчӗкӗ.

# Колхоз такмакӗсем

Кӗвви Г. Хирпӳн. Сӑмахӗсем И. Ваҫанкан.

*Хаваслӑн, хӑвӑрт.*

А-тьӑр, кол-хоз хӗ-рӗ-сем,
Ӗҫ у-яв-не ту-ха-р-и!
Ха-мӑр ӗ-ҫӗ-мӗр ҫин-чен
так-ма-кла-са юр-лар-и.
Ха-мӑр ӗ-ҫӗ-мӗр ҫин-чен
так-ма-кла-са юр-лар-и! Пӗр.

Атьӑр, колхоз хӗрӗсем,
Ӗҫ уявне тухар-и!
Хамӑр ӗҫӗмӗр ҫинчен
Такмакласа юрлар-и!

Пур ҫӗрте хавассӑн
Пирӗн юрӑ янӑрать.
Эпир ӗҫе тытсассӑн —
Ӗҫӗ пулать, ӗҫ ӑнать.

Аслӑ хире тухатпӑр,
Машин ҫине ларатпӑр.
Сарӑ ылтӑн туллине
Савӑнса-ҫке выратпӑр.

Кам малта?—тет Кӗтерин,—
Пирӗн аппа бригадир!—

Юлса пырӗ тетӗр-им
Пахча ҫимӗҫ бригади?

Кӗтеринӗн сад пахчи —
Таврара ҫук ун пекки!
Груша, слива, панулми
Пулчӗ ҫулҫӑ палӑрми.

Пирӗн пахча ӑстисен
Пуҫран пысӑк арбузсем.
Кавӑнӗ те, тем те пур,
Кам курас тет, пыр та кур.

Пур бригада ӑнӑҫлӑн
Шав ӑмӑртсах ӗҫлетпӗр.
Тухӑҫлӑран тухӑҫлӑ
Тырпул туҫа илетпӗр!

*Вулакансен ҫырӑвӗсем*

# Корея ачисем ҫинчен ҫырнӑ поэма

«Тӑван Атӑл» альманахӑн иртнӗ ҫулхи 3(44)-мӗш номерӗнче Уйӑп Мишшин «Корея ачисем» ятлӑ ҫӗнӗ поэми пичетленнӗ. Поэма Корея халӑхӗн наци ирӗклӗхӗшӗн пыракан кӗрешӗвӗ ҫинчен, ҫак кӗрешӗве ачасем те хутшӑнни ҫинчен каласа парать. Поэмӑра пӗтӗмпе виҫӗ сӑнар: Ли Бен Сам, Ким Де Хван тата телефонистка Цой. Вӗсем пурте—Корея халӑхӗ хӑйӗн ирӗклӗхӗшӗн хастаррӑн ҫапӑҫнӑ вӑхӑтра алла усса ларма юраманнине ӑнланса илнӗ ҫамрӑксем.

Сутӑнчӑк Ли Сын Ман ҫарне хирӗҫ ҫапӑҫма Корея ывӑлӗ Ли Бен Сам пионерсен «Ҫамрӑк гварди» ушкӑнне организацилет, тӑшмана хирӗҫ пӗтӗм вӑя хурса кӗрешме кирли ҫинчен пионерсене ӑнлантарса парать. Совет ачисен Отечественнӑй Аслӑ вӑрҫӑ вӑхӑтӗнчи чӑнчӑн паттӑрла ӗҫӗсем вӗсене хавхалантарса тӑма кирли ҫинчен калать.

«Аса илер совет ачисене,
Краснодонри маттур геройсене.
Аса илер-ха ҫамрӑк Зойӑна,
Умра-ҫке ун сӑнарӗ яланах.
Вӗсем пекех эпир хастар пулар,
Тӑшмансемпе хаяррӑн ҫапӑҫар»
(82 стр.).

Хӑйсен Тӑван [illegible]шывӗ умӗнче ҫирӗп сӑмах парса, ача[illegible] тӑшмана хирӗҫ ҫапӑҫма тупа [illegible]. «Вилӗмшӗн вилӗм пултӑр, юнш[illegible]», теҫҫӗ вӗсем. Ачасем тӑшмана чыл[illegible] сиен тӑваҫҫӗ. Ҫак ӗҫре вӗсене янк[illegible] штабӗнче телефонистка пулса [illegible]ен Корея хӗрӗ Цой пулӑшса пырать. [illegible], тӑшман штабӗнче телефонистка[illegible]са ӗҫленӗ май, вӑрттӑн хыпарсем [illegible] илтет, ҫав хыпарсене вӑл «Ҫамрӑк [illegible]арди» ушкӑнне пӗлтерет.

Сӑм тӗттӗм каҫхине Ли Бен Сам тӑшман штабӗн телефон ҫыхӑнӑвне татать, унӑн тусӗ Ким Де Хван сӗрлехи вӑхӑтра Корея халӑхне тӑшмана хирӗҫ кӗрешме пӗр харӑс ҫӗкленме чӗнекен листовкӑсем стенасем ҫумне ҫапса ҫӳренӗ. Ҫак листовкӑсем ҫынсен шанчӑкне татах та ҫӗклеҫҫӗ, чӗресенчи хаярлӑха татах та хӗмлентерсе яраҫҫӗ.

Анчах та кӗрешӳ ҫухатусӑр пулмасть. Пӗррехинче, листовкӑсем ҫапса ҫӳренӗ вӑхӑтра, Ли Бен Сам тӑшман аллине лекет. Тӑшман Корея ҫамрӑк патриотӗнчен партизансем ӑҫтине, вӗсен хӗҫпӑшал мӗн чухлине т. ыт. те илӗртсе ыйтса пӗлесшӗн. Анчах та Ли, тӑван ҫӗршывне чунтан юратаканскер, паллах, ӑна сутма пултараймасть. Вӑл паттӑр вилӗмпе вилет.

«Ҫук, пӗтерейӗмӗр вӗлерсе пире,
Корея ҫӗрӗ пулӗ ирӗкре!
Ӑна тасатӗҫ пурӗ-пӗр сиртен,
Сывпултӑр пирӗн паттӑр
Ким Ир Сен!» (87 стр.).

Ҫапла Корея ҫамрӑк патриочӗн тӑшмана питлесе каланӑ юлашки сӑмахӗсем. Автор хӑйӗн поэмине Корея халӑхӗ тӑшмана пур-пӗрех ҫӗнтерет тенӗ шухӑшсемпе вӗҫлет:

«Ҫапӑҫмалла, мӗнпур тӑшмансенчен
Корея ҫӗршывне тасатиччен»
(89 стр.).

Корейӑн наци ирӗклӗхӗшӗн пыракан кӗрешӗвӗнче ачасем те хутшӑнмасӑр юлма пултарайманнине, вӗсем те тӑшмана хирӗҫ алла хӗҫпӑшал тытса, мӗн вӑй ситнӗ таран хастарлӑ ҫапӑҫнине кӑтартса парасси—питех те пархатарлӑ ӗҫ. Анчах та ҫак пархатарлӑ ӗҫе, пирӗн шутпа, автор кирлӗ таран пурнӑҫласа ҫитереймен.

Мӗнрен килнӗ-ши поэмӑри сӑнарсем шупка тухни? Чи малтан ку, пирӗн шутпа, автор сӑнарсен ӗҫӗсене каласа кӑна панинчен, вӗсене кӑтартса, ӳкерсе паманнинчен килнӗ.

Акӑ, Ли Бен Сам тӑшман аллине лекнине автор ҫапла ҫырса парать:

«Листовка ҫыпӑҫтарнӑ чух ҫӗрле
Пӑшал сасси сасартӑк кӗр-кӗрлет.
Аманнӑ ҫамрӑк лӑштӑрах ӳкет,
Усал тӑшманӑн аллине лекет»
(86 стр.).

Кунта сӑнласа кӑтартни, урӑхла каласан, картина ҫук. Ҫавӑнпа та автор каласа панӑ ӗҫ пуҫра тӑрса юлмасть.

Ҫавӑнпа пӗрлех тата поэмӑра пионерсене ӳсре ситнӗ патриотсем ертсе пыни те сисӗнмест. Ҫакӑ та, пирӗн шутпа, поэмӑн тепӗр ҫитменлӗхӗ пулса тӑрать.

Поэма варринче автор ҫапла ҫырать:

«Ӑна (Цоя) шанаҫҫӗ янкисем, сайра
Вӗсем шанан ҫынсем Корейӑра»
(85 стр.).

Кунта каллех пӗр ыйту тухса тӑрать: мӗншӗн-ха шанаҫҫӗ Цоя янкисем? Пӗчӗккӗ тесе-ши? Е мӗн те пулсан, урӑххишӗн?

Ҫак ыйту ҫине поэмӑра, тем пек тӑрӑшса шырасан та, ответ тупма ҫук.

Юлашкинчен тата поэмӑра ӑнланма йывӑртарах вырӑнсене, грамматика законне пӑсса ҫырнине те палӑртса хӑвармалла.

1. «Ҫынсем тухаҫҫӗ ир урамсене,
Куҫсем ӳкеҫҫӗ стенасем ҫине»
(84 стр.).

2. Калать вӑл: кам тӑван ҫӗрне чунран
Юратакан — хӑрамӗ тӑшманран»
(79 стр.).

«Корея ачисем» поэмӑн авторне эпир чӑваш чӗлхине пӗлмест тесшӗн мар. Уйӑп Мишши чӑваш чӗлхине питӗ аван пӗлет. Эпир Уйӑп Мишши произведенийӗсене чӗререн юратса вулатпӑр. Ҫавӑнпа та пирӗн, вулакансен, хамӑр кӑмӑллӑ поэтӑн произведенийӗнче пӗчӗк кӑлтӑксене те тӗл пулас килмест.

В. ВАСИЛЬЕВ.

## Ответлӑха туймасӑр кӑларнӑ кӗнеке

Юлашки вӑхӑтра ҫамрӑксем валли кӑларнӑ кӗнекесен хисепӗ ӳссех пырать. Ҫав кӗнекесен шутне Хветӗр Уяр писателӗн «Пирӗн енче» кӗнекине те кӗртмелле. Ӑна 1952 ҫулхи июнӗн 23-мӗшӗнче Чӑваш государство издательстви 3 пин экземпляр пичетлесе кӑларнӑ.

Ку кӗнекене шкулсенче вӗренекен ачасем пысӑк кӑмӑлпа кӗтсе илчӗҫ. Анчах «Пирӗн енче» кӗнекене ответлӑха туймасӑр пичетлесе хатӗрленӗ. Кӗнекере 8 калав пулмалла, ун ҫинчен тупмалли ҫинче каласа панӑ. Анчах кӗнекере ҫав калавсене пурне те тупса вулама ҫук. Тупмалли ҫинче кӑтартнӑ «Йытӑ макӑрни», «Пулӑҫӑ упа», «Пулӑ тытни» калавсем пачах пичетленмен. Вӗсем вырӑнне «Пурӑш», «Тарӑхнӑ така» «Сунарҫӑ патӗнче» калавсене икшер хут пичетленӗ. Кӗнекене Н. Ильбеков редакциленӗ. Технически редактор И. Григорьев юлташ. Анчах кӗнекене тирпейлӗ кӑларасишӗн вӗсем ответлӑ пулни курӑнмасть.

В. ЧОБАЙКИН.

# Ӗҫҫыннисен сывлӑхне упрасси—пархатарлӑ ӗҫ

Шупашкарти поликлиникӑна хулари ҫынсем ҫӳренисӗр пуҫне, республикӑри районсенчен килекен ҫынсем те сахал мар пулаҫҫӗ. Инҫетрен килекен ҫынсене поликлиникӑри врачсем ҫав кунах пӑхса, канашсем параҫҫӗ, йывӑр чирленисене хулари больницӑна хураҫҫӗ.

Ҫын пӗр-пӗр йывӑр чирпе чирленӗ пулсан, чире тӗпчесе тӗрӗс палӑртма тата чиртен сыватма Чӑваш АССР Сывлӑх министерствин опытлӑ специалисчӗсем П. Н. Осипов (главнӑй терапевт) тата И. М. Кузнецов (главнӑй хирург) хутшӑнаҫҫӗ. Вӗсем кашни эрнерех юнкун поликлиникӑра йышӑнаҫҫӗ.

Поликлиникӑра участковӑй врачсем хӑйсен участокӗнчи ӗҫҫыннисемпе тачӑ ҫыхӑнса тӑмалли йӗрке тунӑ. Сӑмахран, Сеспӗл Мишши урамӗнче пурӑнакан ҫын чирлесе поликлиникӑна пырсан, ӑна унта та ҫак участокри врач йышӑнать.

Участокрах завод, фабрика е урӑх предприяти пулсан, врач кашни эрнерех 3 сехетрен кая мар ҫав предприятире ӗҫлекен рабочисем хушшинче чир-чӗртен мӗнле сыхланмалли ҫинчен каласусем ирттерет, лекцисем вуласа парать. Предприятире чирлӗ ҫынсем пулсан, поликлиника вӗсем валли кунсӗренех талонсем уйӑрса парать. Вара чирлӗ ҫын поликлиникӑра регистратор патӗнче черет тӑмасӑр специалист патне кӗме пырать. Талон ҫине хӑш сехетре пымаллине те кӑтартса параҫҫӗ.

Иртнӗ ҫулсенче ҫапла йӗрке пулнӑ: сасартӑк чирлесе ӳкнӗ ҫын патне киле врач яма ыйтас пулсан, поликлиникӑна кӑнтӑрла 12 сехетчен пырса пӗлтермелле пулнӑ. Каярахран пӗлтерсен, чирлӗ ҫын патне врач яман. Ку питӗ те пысӑк ҫитменлӗх пулнӑ, мӗншӗн тесен, каҫхине чирлесе ӳкнӗ ҫынна тепӗр кунхи 12 сехетсӗр те медицина пулӑшӑвӗ парайман.

Кӑсал ҫак ҫитменлӗхе пӗтерес шутпа поликлиникӑра ҫӗнӗ йӗрке тунӑ: 12 сехет иртсен чирлӗ ҫын патне киле врач яма ыйтсан, унта кайма кашни кун дежурнӑй врач уйӑраҫҫӗ. Врач чирлӗ ҫын патне хӑвӑрт ҫитме пултарать, ӑна валли «москвич» автомобиль пур.

Тепӗр ҫӗнӗ йӗрке—больничнӑй лист панӑ ҫынсене тепӗр хут поликлиникӑна пырсан врачсем черетсӗр йышӑнмалла туни. Больничнӑй лист илнӗ ҫынна халӗ врач тӳрех йышӑнать.

Поликлиника главнӑй врачӗ Сидиев юлташ кашни кун участокри врачсен канашлӑвне ирттерет. Унта, терапевтически уйрӑмра ӗҫлекенсемсӗр пуҫне, инфекци, хирурги, куҫ чирӗ уйрӑмӗсенчи аслӑ сестрасем те пулаҫҫӗ.

Врачсем хӑйсен пархатарлӑ ӗҫӗнче совет медицинин ҫӗнӗ ҫитӗнӗвӗсемпе усӑ кураҫҫӗ, чирлӗ ҫынсене сыватма паха эмелсем параҫҫӗ, ҫӗнӗ меслетсемпе анлӑн усӑ кураҫҫӗ.

Врачсемпе вӑтам медперсоналӑн пӗлӗвӗсене ӳстерес тӗлӗшпе поликлиникӑра кашни уйӑхрах икӗ хут Павлов академикӑн вӗрентӗвӗпе паллашмалли конференцисем пулса иртеҫҫӗ, унта пысӑк опытлӑ врачсем докладсем тӑваҫҫӗ, рефератсем вулаҫҫӗ е сӑнавлӑ ӗҫсен результачӗсем ҫинчен каласа параҫҫӗ.

Кӑсал поликлиника чылай ӑпаласем туяннӑ, кабинетсемпе лечебницӑсенче пуринче те кирлӗ хатӗрсем ҫителӗклӗ. «Жалобӑсемпе сӗнӳсен кӗнеки» ҫине иртнӗ ҫулта 8 жалоба ҫырнӑ пулнӑ. Ҫулталӑкра 8 жалоба пулни чунай мар, ҫапах та вӗсем ҫинче чарӑнса тӑрас пулать.

Поликлиникӑна пыракансене мӗн кӳрентернӗ-ха?

Пӗлтӗр рентген кабинетне кӗме черет пысӑк пулнӑ, чирлӗ ҫынсен сехечӗ-сехечӗпе кӗтсе тӑма тивнӗ. Халӗ вара поликлиникӑра 5 врач-рентгенолог ӗҫлет. Чирлӗ ҫынсене рентгенолог ҫийӗнчех йышӑнать.

Тепӗр пысӑк ҫитменлӗх вӑл — регистратурӑра ӗҫлекенсем чирлӗ ҫынсемпе кӑмӑллӑ калаҫманни. Врач патне кӗмешкӗн ҫырӑнма пынӑ ҫынпа регистратурӑра ӗҫлекенсем кӑшкӑрса калаҫнисем пулаҫҫӗ. Хӑшпӗр чухне вара регистратурӑра чирлӗ ҫынна тивӗҫлӗ кабинета ярас вырӑнне, урӑх кабинета яраҫҫӗ.

Кун пек ҫитменлӗхсем лабораторире ӗҫлекенсен те пур. Нумай пулмасть Елчӗк районӗнчен килнӗ ватӑ хӗрарӑм лабораторине пырса кӗчӗ. Лаборантка унӑн юнне анализ тума илчӗ те: «Зайдите через три часа», тесе каларӗ. Чӑваш хӗрарӑмӗ вырӑсла пӗлмест иккен, лаборантка мӗн каланине ӑнланмасӑрах тухса кайрӗ, коридорта черетре тӑракан ҫынсенчен хӑйӗн малашне мӗн тумалли ҫинчен ыйтма пуҫларӗ. Лабораторире чӑваш лаборанткӑсем ӗҫлеҫҫӗ. Мӗншӗн-ха вӗсем карчӑка чӑвашла ӑнлантарса паман?

Лабораторие пыракансем Капитонова юлташ ҫине ытла та хытӑ кӳренеҫҫӗ. Главнӑй врач заместителӗ Валк юлташ Капитоновӑна ӗҫре йӗркеллӗ пулма кирли ҫинчен асӑрхаттарнӑ. Анчах Капитонова юлташ тӳрленмен-ха.

Физиотерапи кабинетӗнче ҫынсене сиплентарса тӗрлӗ аппаратсем умне лартаҫҫӗ. Ҫакнашкал процедурӑра пулакан ҫынсене, паллах, ҫителӗклӗ ӑшӑ кирлӗ, анчах кабинетра хӗллехи хӑшпӗр кунсенче сивӗ пулать. Ҫакна пула электропроцедура хӑвачӗ те кирлӗ таран усӑ параймасть. Сӑмахран, малтан пилӗкпе аптӑранӑ ҫын унта шӑнса ангинӑпа чирлеме пултарать е пилӗкӗ ыратни те вӑраха кайма пултарать.

Поликлиникӑра вентиляци ҫук: врачсем патне пынӑ ҫынсем кӗтсе ларакан пӳлӗмсене усӑ сывлӑш кӗмест.

Шӑл кабинетне пыракан ҫынсем гипс ҫуккишӗн ӳпкелешеҫҫӗ. Ку пире йӑлтах тӗлӗнтерчӗ: аптекӑра тем пек хаклӑ эмелсем те пур, гипс хатӗрлесе хуман.

Ҫак ҫитменлӗхе тӗрӗслесен, мӗн палӑрчӗ-ха?

Чӑвашаптекоуправлени складӗнче гипс ҫителӗклӗ пулнӑ, анчах ӑна кирлӗ пек сыхласа усрама тӑрӑшман, гипс чӗрӗлсе кайнӑ, юрӑхсӑра тухнӑ.

Аптекӑра час-часах хӑшпӗр эмелсем пулмаҫҫӗ, ҫакӑ та поликлиникӑпа больница ӗҫӗсене чӑрмав кӳрет. Чӑвашаптекоуправлени управляющийӗн Сорокина юлташӑн эмелсем ҫителӗклӗ кӳрсе тӑрас ӗҫ ҫине тимлӗрех пӑхас пулать.

Шупашкар хула Совет исполкомӗн сывлӑх пайӗн заведующийӗ Белавина юлташ поликлиникӑна пулӑшас тӗлӗшпе нимӗн те тумасть. Уйрӑм кабинетсене юсас пирки сӑмах хускатсан: «Сире министерство пулӑшмалла», тет. Сывлӑх министерствинче вара: «Сире хулари организацисем пулӑшмалла», тесе ответлеҫҫӗ.

Хула Совечӗн сывлӑх пайӗ, паллах, поликлиникӑри кӑлтӑксене пӗтерме чи малтан пулӑшу пама тивӗҫлӗ. Пӗр уйӑх каялла поликлиникӑн главнӑй врачӗ Сидиев юлташ хула Совет исполкомӗн сывлӑх пайӗн заведующине Белавина юлташа ак ҫакӑн пек фактсем ҫинчен ҫырса пӗлтерчӗ: хулари хӑшпӗр урамсенчи уйрӑм ҫуртсем ҫинче номерсем ҫук, номерсем пулсан та, ҫӗрле фонарьсем ҫуккипе курӑнмаҫҫӗ, чирлӗ ҫын патне кайма тухнӑ врачсен хӑшпӗр чухне кирлӗ ҫурта шыраса тинке тухать, темӗн чухлӗ вӑхӑт сая каять. Хӑшпӗр ҫуртсенче вӑкарман йытӑсем те пур. Ҫак ҫитменлӗхсене пӗтерме хула Совет исполкомӗн пулӑшмалла ӗнтӗ.

Больницӑн терапевтически уйрӑмӗн ҫуртне 1952 ҫулхи октябрӗн 4-мӗшӗнче юсама тытӑннӑ, анчах ӑна халӗ те юсаса пӗтереймен.

Поликлиникӑпа больницӑри ҫак ҫитменлӗхсене хӑвӑртрах пӗтерес пулать.

Н. БАБЕНКО.
А. СТЕПАНОВА.

# Тĕнчери лару-тăру

## ЯПОНИ ХĔÇПĂШАЛЛАНИ

Японие тепĕр хут хĕçпăшаллантарасси çинчен тăракан ыйту Японири буржуаллă хаçатсемшĕн хальхи вăхăтра чи паллă ыйту пулса тăрать. Пĕр-пĕр хаçатра çĕршыври хĕçпăшаллă вăйсене тепĕр хут тумалли çĕнĕ план çинчен çырман кун иртмест те темелле. Пĕр планра уйрăмах типĕ çĕр çинчи вăйсене, тепринче—авиацие, виççĕмĕшĕнче — тинĕс-çар флотне аталантарма сĕнеççĕ. Çак плансене тăвакансем—хăйсен пуçĕсене сĕнĕрен çĕкленĕ çар çыннисем пĕр-пĕринпе ăмăртса вăрçа хатĕрленевен ушкăнсем пулса тăраççĕ. Çакна палăртса, Англири «Форин рипорт» бюллетень тĕрĕхлеса çапла çырать: «Японири генералсемпе адмиралсем тата полковниксем çĕршыва хĕçпăшаллантарасси çинчен хăйсем мухтанă плансене йышăнтарма хăтланнă май, «проектсен çапăçăвĕ» вăйланать».

Çар çыннисемпе пĕрле Японири монополистсем—пысăк концернсен, «дзайбацу» текенскерсен хуçисем, хăйсен активлăхне вăйлатаççĕ. Америкăри «Чикаго дейли ньюс» хаçат уççăнах çапла çырать: дзайбацусене саланса ярасси çинчен ĕлĕкрех йышăннă решенисем «йăнăш» пулнă. Халĕ, США-н оккупаци влаçĕсем пиллесе тăнă май, икĕ пысăк дзайбацу—Мицубиси тата Мицуи—«хăйсен питĕ пысăк промышленность империйĕсене тепĕр хут тăваççĕ».

Дзайбацу пуçлăхĕсем — милитаристсемпе пĕрле Японие тĕнчери иккĕмĕш вăрçăн авантюрине кĕртсе ӳкернĕскерсем — çĕршыва тепĕр хут хĕçпăшаллантармалли хăйсен планĕсене кăларса тăратаççĕ, çавна май вĕсем, паллах ĕнтĕ, ытларах пуйса юлас шухăшпа малти вырăна хураççĕ. «Форин рипорт» бюллетень çапла пĕлтерет: экономикăллă организацисен Японири федерацийĕ (Кейдакрен текенскер) тавра пухăнакан финансистсем çине тăрса çакна тума ыйтаççĕ: Японин вăрçă валли каякан çулталăкри расхочĕсене 180 миллиард иенăран 1.000 миллиард иена çитермелле. Кейдакрен «экоперчĕсен» шухăшĕпе çавăн чухне кăна «хĕçпăшалпа ытти çар хатĕрĕсем туса кăлармалли пысăк плансене» пурнăçлама пулать. Ăна çак тĕллевпе тăваççĕ: Японин çарне виçĕ çул хушшинче, тинĕс-çар флотне—пилĕк çул хушшинче, сывлăш-çар вăйĕсене çичĕ çул хушшинче тумалла.

Японире типĕ çĕр çинчи çара тепĕр хут тăвасси пысăк хăвăртлăхпа пулса пынине суккăр çынсем кăна курмасăр тăма пултараççĕ. «Резерври полици корпусĕ» вăл çарăн тĕп тĕрекĕ пулса тăрать. Вăл корпуса нумаях пулмасть «наци хăрушсăрлăхĕн корпусĕ» тесе ят панă. «Форин рипорт» ятлă бюллетень çапла паллă тăвать: хальхи вăхăтра корпусăн командăй составĕнче кивĕ çарти кадровиксем 75 процент шутланаççĕ. Вĕсем каллех «çар формине тăхăннă». Бюллетень палăртнă тăрăх, корпусăн чаçĕсене халех ĕнтĕ «Америкăн чаплă хĕçпăшалĕсемпе хĕçпăшаллантарнă». Ку вăл пуçламăшĕ кăна. Бюллетень çапла çырать: американецсем Японие çар продукцийĕ вĕçĕ-хĕррисĕр парса тăраççĕ, хĕçпăшалсем çакăн чухлĕ парса тăнине пула «наци хăрушсăрлăхĕн корпусĕнчи пехота дивизийĕн вăй-хăвачĕ император кивĕ çарĕнчи чи лайăх дивизин вăй-хăватĕнчен 6 хут пысăкрах».

Америкăри «Газетт энд дейли» çапла çырнă: Вашингтон Японин сывлăш-çар вăйĕсене тепĕр хут васкавлăн тума приказ панă. Ку хаçат çырнă тăрăх, Америкăн сывлăш-çар вăйĕсен Инçет Хĕвелтухăçĕнчи разведкин руководителĕ Ванфилл генерал хăйĕн патне Япони офицерĕсене чĕннĕ. Ванфилл çапла каланă: хăйсен авиацине тăвасси çинчен Япони офицерĕсене шухăшласа пăхма вăхăт ĕнтĕ. Халĕ ку кăтартусене васкасах пурнăçа кĕртеççĕ. «Форин рипорт» бюллетень çапла пĕлтерет: «самолетсем тăвас тĕлĕшпе ĕçлекен совет» тунă ĕнтĕ. Вăл совет «Японире промышленность истребительсемпе бомбардировщиксем туса кăларма пултарнине тĕпчес» тĕлĕшпе ĕçлемелле. «Чикаго дейли ньюс» хаçат кăтартса панă тăрăх, самолетсем тăвас ĕçе Мицубиси завочĕсене хушнă. Вăл заводсем 1953 çул вĕçленнĕ тĕле самолетсем йышлăн туса кăларма тытăнаççĕ. Японире тĕнчери иккĕмĕш вăрçă хыççăн тунă пĕрремĕш самолета 1952 çулхи декабрьте сăнаса пăхнă.

Японин хĕçпăшаллă вăйĕсене тепĕр хут тăвассине Япони агрессорĕсен, çавăн пекех Японири реваншистсен, чи малтанах дзайбацу пуçлăхĕсен интересĕсемшĕн туса пыраççĕ. США-ри влаçра тăракан ушкăнсем Японие çарĕпе чи малтанах Инçет Хĕвелтухăçĕнчи вăрçă авантюрисем валли тата интервентсен Корейăри сайралса пыракан çарне вăйлатмалли резерв вырăнне усă курасшăн. Вăл авантюрăсене Вашингтон хатĕрлет. Корейăра интервентсен çарĕсенче японецсем пур, ку вăл халĕ никамшăн та вăрттăнлăх пулса тăмасть.

Анчах Япони халăхĕ вăрçа хатĕрленнине татăклăн хирĕç тăрать. Мĕншĕн тесен влаçра тăракан ушкăнсен вăрçă авантюрисем Япони халăхне çĕнĕ инкексемпе тата хуйхă-суйхăпа хăратаççĕ. Хĕвеланăçĕнчи реакциллĕ хаçатсем те Япони халăхĕ хушшинче вăрçа хирĕçлес шухăш-кăмăлсем ӳснине пытарса тăма пултараймаççĕ. Англири консервативлă «Санди таймс» хаçат, Иосида правительстви Япони конституцийĕн тăххăрмĕш статьине (вăл статья Японие вăрçа хутшăнтарма чарать) улăштарас тĕлĕшпе халăх шухăшне ыйтса пĕлме шутлани çинчен асăнса, çапла çырать: «Ку референдума хальхи вăхăтра ирттерни асăрханмасăр тунă хăрушă утăм пулнă пулĕччĕ», мĕншĕн тесен нумай японецсем «статьяна хуть те мĕнле майпа улăштарассине те хирĕç сасăлĕç».

Япони халăхĕн миршĕн тата наци никама пăхăнманлăхĕшĕн пыракан кĕрешĕвĕ Японие Инçет Хĕвелтухăçĕнчи вăрçа кĕртсе ӳкермелли мĕнпур плансене сирсе яма пултарать, сирсе ямалла та.

### АМЕРИКА ХĔСНИНЕ ХИРĔÇ

США-ри влаçра тăракан ушкăнсем Латинла Америкăри хăйсен позицийĕсене тĕреклетесси çине тимлĕ пăхаççĕ. Çав çĕршывсенчи позицисене вĕсем, вăрçă пулас пулсан, çывăхри тыл вырăнне шутлаççĕ. Влаçра тăракан ушкăнсем ку çĕршывсенчен питех те кирлĕ стратегиллĕ чĕртавар: нефть, тăхлан, пăхăр, селитра тата ытти чĕртаварсем те илсе тăраççĕ, уншăн питĕ сахал тӳлеççĕ. Влаçра тăракан ушкăнсем вăл çĕршывсенченех пурне те итлекен, Америкăри миллиардерĕсен усламĕшĕн хăйсен пуçĕсене хума хатĕр тăракан салтаксем пухма ĕмĕтленеççĕ. Анчах иртсе кайнă 1952 çул Вашингтон дипломачĕсен ĕçĕ Латинла Америкăри çĕршывсенче путланса ларнă çул пулчĕ.

Чи малтанах çакна кăтартса парас пулать: Латинла Америкăри нумай çĕршывсем, Колумбисĕр пуçне, хăйсен çарĕсене Корейăна яма килĕшмен. Америкăри «Хиспеник америк рипорт» журнал кӳренсе çакна йышăнать: Латинла Америкăри çĕршывсемпе икĕ енлĕ çар килĕшĕвĕ тăвасси çинчен Вашингтон хатĕрленĕ план та путланса ларнă. Чылай çĕршывсем, сăмахран, Мексика, пусмăрлăха кĕртсе ӳкерекен çав [illegible]шусем çине алă пусма килĕшмен. Ытти çĕршывсен правительствисен халăх массисен протестне итлеме тивет, вĕсем алă пусассине вăраха тăсса пыраççĕ. Америка дипломатийĕ хăратса юнанă тата чееленнĕ пулин те, Боливире тăхлан рудникĕсене национализацилессине, çавăн пекех Гватемала Америкăри «Юнайтед фрут компани» ятлă монополипе çыхăну тытма пăрахнине чарма пултарайман. Ку монополи çак пĕчĕк çĕршыва çаратса тăнă. Латинла Америкăри çĕршывсенчи çутçанталăк пуянлăхĕсене çаратакан ют çĕршыв предприятийĕсене национализацилесси çинчен тăракан ыйтăва халĕ Чилире, Бразилире тата Кăнтăр Америка континентĕнчи ытти çĕршывсенче те çĕкленĕ.

Латинла Америкăри çĕршывсенчи влаçра тăракан ушкăнсем, паллах, хăйсене Вашингтонра хӳтĕлекенсене хăйсен ирĕкĕпе кӳрентермен. Ăна халăхăн анлă массисем лартнă требованисене пула тума тивнĕ. Халăх массисем Корейăри вăрçăра пуякан Уолл-стрит королĕсемшĕн вăрçа кайса вилесшĕн мар, вĕсем хăйсен çĕршывĕсенчен Америка империализмĕн колонийĕ туса хурасшăн мар. Ку халăхсем ытларах та ытларах çакна ĕненнеççĕ: хăйсен йывăр та инкеклĕ пурнăçĕ вĕсен çĕршывĕнче хуçаланакан, çичĕ хут тир сĕвекен ют çĕршыв компанийĕсемпе çыхăнса тăрать. Çапла вара, халăхсем янки-пусмăрçăсене мĕншĕн курайманни паллă ĕнтĕ. Кубари «Нотисиас де Ой» хаçат çапла çырать: ĕçсыннисем Америка империалисчĕсене хытă курайманçĕ. Çавна пула «çак империалистсене хирĕç тухса каласси, вĕсене хирĕç кĕрешме тата наци территорийĕ çинчен хăваласа кăларма сăмах пани—Латинла Америкăри чылай çĕршывсенче суйлавсенче çĕнтерӳ тума кирлĕ требовани пулса тăрать».

Ку сăмахсене фактсем çирĕплетсе параççĕ. Сăмахран, Боливире халăх Бальвиан правительствине сирпĕтсе antарнă. Вăл правительствăна Вашингтон пулăшса пынă. Правительство Вашингтон мĕн хушнисене пурнăçласа тăнă. Чилире 1952 çулта пулса иртнĕ суйлавсенче, хальхи президент Карлос Ибаньес çĕнтерӳ тунă. Вăл çакăн пек паллă лозунг кăларса тăратнă: «Чилишĕн тата янкисене хирĕç!» Венесуэлăра 1952 çулхи ноябрь уйăхĕнче пулса иртнĕ суйлавсем Америка хушнă тăрăх ĕçленĕ, çĕршыва ертсе пынă хунта поражени тӳснипе паллă пулнă. Унта «республиканецла-демократла союз» ятлă оппозициллĕ парти çĕнтерӳ тунă. Вăл парти Америка хĕсĕрленинине хирĕç кĕрешме халăха чĕнсе каланă.

Çапах та реакциллĕ хунта Венесуэлăра ирсĕр переворот тунипе кăна влаçра юлма пултарнă. Переворот суйлав результачĕсене пăрахăçланă. Америка хушнă тăрăх ĕçлесе пыракан, халăха хирĕçле шайкăсем Латинла Америкăри ытти çĕршывсенче те çавăн пек законсăр майпа влаçра тăраççĕ. Кун пек режим çирĕп пулманни паллах ĕнтĕ. Çапла ĕнтĕ, Америка империализмĕн ку çĕршывсенчи позицийĕсем те шанчăксăр. Ку позицисем ыйăхран [illegible]ранă, ют çĕршыв пусмăрçисемпе вĕсен тарçисене хирĕç кĕрешĕве çĕкленнĕ халăх массисем пыра-пыра çапнипе чĕтренеççĕ. Вашингтонри вăрçă чĕртекенсен Латинла Америкăри çĕршывсенчи тылĕ шанчăксăр тыл пулса пырать.

### МАДРИДРИ КАЛАÇУСЕМ ВĔÇЛЕНСЕ ПЫРАÇÇĔ

Ют çĕршывсенчи хаçатсем Испанипе Америка хушшинче икĕ енлĕ çар договорĕ тăвасси çинчен иртнĕ çулхи апрель уйăхĕнче пуçланнă калаçусем юлашки тапхăра кĕни, çитес вăхăтра ку килĕшӳ çине алă пусасси çинчен пĕлтереççĕ. Англири «Санди таймс» хаçатăн Мадридри корреспонденчĕ çакна тĕплĕнрех палăртать: сăмах пĕр килĕшӳ çинчен мар, виçĕ килĕшӳ çинчен пырать. Малтанхи икĕ килĕшĕвĕнче сăмах «Америкăн çар тата экономика пулăшăвĕ» çинчен, виççĕмĕшĕнче — Испани территорийĕ çинче Америкăн тинĕс тата авиаци базисем тăвасси çинчен пырать.

Калаçусем нумай вăхăта тăсăлни çакăнтан килнĕ: икĕ енĕ те сутă туса, йӳнĕ хак пирки килĕшмесĕр тăма тăрăшнă. Франко çакна питĕ лайăх пĕлет: Америка çар çыннисем Хĕвеланăç Европăра вăрçа хатĕрленес ĕçе сарса пырас шутпа Испани территорине çавăрса илесшĕн. Франко çавăн пекех çакна пĕлет: Америка Испанире çар базисем тунă хыççăн çĕршыва Америка çарĕсем оккупацилесе тăма тытăнаççĕ тата çĕршывăн суверенитечĕ пĕтет. Анчах Испанири фашистла шайка пуçлăхĕ ку килĕшӳрен хăй валли тата сывăх çыннисем валли май килнĕ таран пысăкрах усă илес тесе хытă тăрăшнă. Сакăр уйăх хушши вăл хака ӳстерме тăрăшнă, юлашкинчен унăн çапах та чакма тивнĕ. Франс Пресс агентстви кăтартса панă тăрăх, Франко тем тĕрлĕ тархасласа ыйтнă пулин те, Америка «пулăшăвĕ» 125 миллион доллартан иртмест. Ăна конгресс иртнĕ çулта çирĕплетнĕ.

Килĕшӳсем çине алă пусма хатĕрленеççĕ. Вăл килĕшӳсем Испанишĕн пусмăрла килĕшӳсем пулса тăраççĕ. «Санди таймс» хаçат çакна кăтартса парать: килĕшӳсем тунă чухне уйрăм условисене кăтартса панă. Уйрăммăн илсен, Франко çакăн пек обязательство илнĕ: «Америка панă экономика пулăшăвĕн чылай пайне» тĕрлĕрен стратегиллĕ сооруженисем тунă çĕре расходламалла. Çапла ĕнтĕ, ку килĕшӳсенчен Испани экономика тĕлĕшпе нимĕнле çăмăллăхсем те илеймест. Сӳлте асăннă килĕшӳсем çине алă пуссан, Испани Америкăн çар плацдармĕ пулса тăрать, унăн пĕтĕм шалти пурнăçĕ США-н вăрçа хатĕрленмелли планĕсемпе çыхăнать.

Çакăн пирки иккĕленмелли çук: Испанипе Америка хушшинче çар союзĕ çине алă пусни франкистла Испание Çурçĕр Атлантика союзне уççăнах кĕртмелли утăм пулать. «Санди таймс» хаçат çапла пĕлтерет: ку вăл 1954 çулта пулмалла. Анчах çакна палăртмалла: Испанипе Америка хушшинчи союз çинчен алă пуснă хыççăн Испание агрессорсен Атлантика блокне кĕртесси формальнăй ĕç кăна пулать. Испанипе Америка хушшинче çар килĕшĕвĕ туни блокăн мĕнпур членĕсене тата Испание пĕр кантрапа çыхса хурать.

П. ФРОЛОВ.

## Демократиллĕ Корея Халăх Республикинче чирлĕ çынсене тӳлевсĕрех сыватмалла тунă

ПХЕНЬЯН, январĕн 8-мĕшĕ. (ТАСС). Демократиллĕ Корея Халăх Республикин министрсен кабинечĕ йышăннă постановлени тăрăх, çĕнĕ çултан пуçласа пĕтĕм республикăри больницăсенче, амбулаторисенче, клиникăсенче тата ытти сывлăх учрежденийĕсенче çынсене тӳлевсĕрех сыватмалла тунă. Постановленире çакна палăртнă: Америка бомбардировщикĕсем тискеррĕн пырса тапăннă хыççăн сиен курнă е суранланакан чир-чĕрсемпе асапланакан çынсем уйрăм çăмăллăхсемпе усă кураççĕ. Больницăсенче выртакан çынсене укçасăрах апат çитереççĕ.

Министрсен кабинечĕн çак постановленийĕ вăя кĕнине палăртса, хаçатсем вăл постановлени Корейăри ĕçлĕх партийĕ тата халăх правительстви, вăрçă вăхăтĕнчи йывăрлăхсене пăхмасăр, халăх пурнăçне лайăхлатассишĕн çĕнĕрен тăрăшнине кăтартса парать, тесе çыраççĕ.

## Албанире ялхуçалăхне механизацилени

ТИРАНА, январĕн 8-мĕшĕ. (ТАСС). Албанире ялхуçалăхне механизацилесси çултан-çул ӳссе пырать. Иртнĕ çулта машина-трактор станцийĕсенчи тракторсен хисепĕ, 1951 çулхипе танлаштарсан, 30 процент ӳснĕ. 1951 çулта кашни тракторпа вăтам шутпа 184 гектар сухаланă чухлĕ ĕç тунă пулсан, 1952 çулта 246 гектар сухаланă чухлĕ çĕр ĕçĕ тунă. Ĕçсен калăпăшĕ 150 процент таран ӳснĕ пулин те, МТС-сем иртнĕ çулхи плана 100,3 процент тултарнă.

## Корейăри ĕçсем

### ХАЛĂХ ÇАРĔН ГЛАВНĂЙ КОМАНДОВАНИЙĔ ПĔЛТЕРНИ

ПХЕНЬЯН, январĕн 10-мĕшĕ. (ТАСС). Демократиллĕ Корея Халăх Республикин Халăх çарĕн Главнăй командованийĕ паян çапла пĕлтернĕ: иртнĕ кун хушшинче Корея Халăх çарĕн тата Китай халăх добровольцĕсен соединенийĕсем Одэсан ятлă ту районĕнче Америкăпа Англи интервенчĕсен çарĕсене хирĕç çапăçнă.

Тăшманăн 11-мĕш пехота дивизийĕнчи 20-мĕш полк Халăх çарĕн позицийĕсене икĕ енчен атакăланă. Анчах атакăсене сирсе янă, тăшмана пысăк çухатусем кӳнĕ.

Самолетсене хирĕç кĕрешекен салтаксем паян тăшманăн 2 самолетне персе ӳкернĕ.

ПХЕНЬЯН, январĕн 11-мĕшĕ. (ТАСС). Демократиллĕ Корея Халăх Республикин Халăх çарĕн Главнăй командованийĕ паян çапла пĕлтернĕ: Халăх çарĕн соединенийĕсем Китай халăх добровольцĕсен чаçĕсемпе пĕрле Америкăпа Англи интервенчĕсен тата Ли Сын Ман çарĕсене хирĕç оборонăра тăрса çапăçнă.

Халăх çарĕн зенитнăй чаçĕсем тата самолетсене хирĕç кĕрешекен салтакĕсем паян тăшманăн 3 самолетне персе ӳкернĕ, 2 самолетне сиенленĕ.

## Франци легионĕнчен тарнă çын каласа пани

БЕРЛИН, январĕн 11-мĕшĕ. (ТАСС). Нумаях пулмасть Хĕвеланăç Германири «Рурнахрихтен» хаçат Г. Гюнтер каласа панине пичетлесе кăларнă. Гюнтер 1952 çул вĕçĕнче Францин ют çĕршыв легионĕнчен тарнă. Г. Гюнтер историйĕ Францин ют çĕршыв легионне илнĕ, Корейăпа Вьетнамра Америка агрессорĕсемпе Франци колонизаторĕсен интересĕсемшĕн çапăçакан, ултавпа тискерлĕх аллине лекнĕ нумай çынсен историйĕпе пĕр евĕрлĕ. 1945 çулта, каласа панă Г. Гюнтер, демобилизаци хыççăн эпĕ Францири Кармо рудникне лекрĕм. Ку вăл чăн-чăн тамăк пулчĕ. Пурнăçри питĕ йывăр условисене пула, çак рудникра ĕçленĕ ытти нумай нимĕçсемпе пĕрле, манăн пилĕк çуллăха ют çĕршыв легионне кĕме договор тума тиврĕ. Пире договор пилĕк çуллăха пулать, тесе шантарчĕç. Каярахпа эпир договор çине 10 çуллăха алă пусни паллă пулчĕ.

«Пире пухса, — кăтартса парать Г. Гюнтер,— васкавлăн çар чаçĕ йĕркелерĕç те Вьетнам халăхне хирĕç пыракан вăрçа хутшăнма Вьетнама ăсатрĕç». «Ротăсенчи çынсенчен 80 процентĕ нимĕçсемччĕ,— каласа панă Г. Гюнтер,— кашни 100 легионертан 40 çынна вĕлернĕ, 30-не амантнă, ыттисем, тропикри сив чирпе кăна чирлесе каялла таврăнсан, хăйсене телейлĕ çынсем тесе шутлама пултараççĕ».

1950 çулта, тесе каланă малалла Г. Гюнтер, ăна французсен ют çĕршыв легионĕнчи иккĕмĕш авиадесантнăй полка кĕрекен[illegible]ытти нумай çар служащийĕсемпе пĕрле [illegible]орея халăхне хирĕç пыракан агрессиллĕ вăрçа хутшăнма Японирен Корейăна парашютпа илсе çитернĕ.

Пирĕн полк, тенĕ Г. Гюнтер, Америкăн 64-мĕш пехота дивизийĕпе пĕрле Сеул патĕнче, Ханган юханшывĕ çинче тата фронтăн ытти участокĕсенче те çапăçнă.

Г. Гюнтер Корейăра çичĕ уйăх çура яхăн пулнă, ун хыççăн ăна каллех Вьетнама янă. Унта вăл 1952 çулхи май уйăхĕнче йывăр аманнă, ăна вара Марсель хулине ăсатнă.

Марсельте Г. Гюнтера госпитальрен Германие тарма, çапла вара Францин ют çĕршыв легионĕнче малалла службăра тăрассинчен хăтăлма май килнĕ.

## Карачири лару-тăру

КАРАЧИ, январĕн 11-мĕшĕ. (ТАСС). Демонстрацие хутшăннă мирлĕ студентсем çине пăшалсенчен пенине пула, Карачире каллех пăлхавсем пулса иртнĕ. Январĕн 9-мĕшĕнче касхине çынсен ушкăнĕсем тăватă хĕçпăшал магазинне аркатнă, унти хĕçпăшалсемпе çар хатĕрĕсене туртса илнĕ. Полици тата çарсем пĕр хутчен кăна мар пăшалсенчен пенĕ. Çавна пула 3 çынна вĕлернĕ, 40 çынна ытла амантнă.

Карачи хулинчи главнăй комиссар приказĕ тăрăх январĕн 10-мĕшĕнче касхине 5 сехетрен пуçласа ирхине 7 сехетчен комендант сехечĕ тунă. Полицие «йĕркене пăсакансем» çине асăрхаттармасăрах пеме хушнă. Халăх ушкăнĕ Синд полицийĕн генеральнăй инспекторĕ пурăнакан çурта аркатса тăкма хăтланнă. Анчах хĕçпăшаллă хурал халăха каялла чакарнă. Полици ухтарусем тунă, нумай çынсене арестленĕ.

«Ивнинг таймс» хаçат çапла пĕлтерет: тытăçусем вăхăтĕнче 20 çынна вĕлернĕ, 200 çынна амантнă.

Студентсен делегацийĕ Пакистан премьер-министрĕ Назимуд-дин патне пырса кайнă, полиципе çарсене хуларан илсе тухма, мирлĕ демонстраци çине пекенсене палăртса тĕпчесе пĕлме, тĕпчесе пĕлес тĕлĕшпе ĕçлекен комиссие студентсен представителĕсене кĕртме, арестленĕ çынсене ним тăхтаса тăмасăр ирĕке кăларма, вĕлернĕ çынсен ӳчĕсене вĕсен тăванĕсене пама, вилнисемпе аманнисен çемйисене пулăшу пама требовани лартнă.

ПАРИЖ, январĕн 11-мĕшĕ. (ТАСС). Франс Пресс агентствин корреспонденчĕ Карачирен çапла пĕлтерет: Пакистанри Çурçĕр-Хĕвеланăç чиккинчи провинци правительстви 15 кунлăха, январĕн 10-мĕшĕнчен пуçласа, Пешаварта общественлă пухусемпе митингсем ирттерме чарнă.

## Трансиорданири лару-тăру

БЕЙРУТ, январĕн 11-мĕшĕ. (ТАСС). Ливанри «Ас-Сарха» хаçат, Трансиорданири хальхи вăхăтри шалти лару-тăру çинчен асăнса, çапла çырать: Трансиордани правительстви, Англипе Америка империалисчĕсем пулăшнипе (Америка империалисчĕсем Трансиорданире «Трумэн программин тăваттăмĕш пункчĕ» тăрăх ĕçлеççĕ) вăрçа хатĕрленмелли политика тытса пырать: аэродромсем, стратегиллĕ çулсем тăваççĕ, çар лагерĕсене аслăлатаççĕ, Акаба портĕнче çар строительстви пырать, ытти çар объекчĕсем тăваççĕ.

Трансиордани бюджечĕн 74 процентĕ çар расхочĕсем валли тата полицие тытса тăма каять. Çав вăхăтрах халăха çут кăларас, сывлăха сыхлас тата ялхуçалăхне аталантарнă çĕре каякан укçа-тенкĕ бюджетăн 4 процентĕнчен иртмест.

Çĕршыва, тесе çырать малалла хаçат, чрезвычайнăй законсем тăрăх диктаторла меслетсемпе тытса тăраççĕ. Пичет ирĕклĕхне пĕтернĕ. Прогрессивлă хаçатсене хупаççĕ. Политикăллă партисемпе профсоюзсене ĕçлеме чарнă. Пиншер çынсене судпа следстви тумасăрах тĕрмесене хупнă. Официальнăй, чылай чакарса кăтартакан сведенисем тăрăх та, 1951 çулта тĕрмере ларакансен хисепĕ 14 пин çынна çитнĕ. (Çĕршывра пурĕ 1,3 миллион çын пурăнать).

Хаçат малалла çакна палăртать: Трансиорданире миршĕн тăракансен юхăмĕн участникĕсене влаçсем хĕсĕрлеççĕ тата асаплантараççĕ. Мире хӳтĕлес тĕлĕшпе ĕçлекен Трансиорданири комитет членĕсене пушхирте вырнаçнă Аль-Джафар тĕрмине ăсатнă. Трансиорданири миршĕн тăракансен органне—«Аль-Фаджр аль-джадид» журнала хупнă, унăн пĕрремĕш номерĕсене пĕтернĕ.

Анчах, террора пăхмасăр, тесе çырать юлашкинчен хаçат, Трансиордани халăхĕ хăйĕн прависемшĕн кĕрешме чарăнмасть. Нумаях пулмасть чылай хуласенче демонстрацисем пулса иртнĕ. Демонстраци участникĕсем Англипе Трансиордани хушшинчи договора, «Трумэн» программин тăваттăмĕш пункчĕ» тăрăх Трансиордание пулăшу памалли çинчен тунă килĕшĕве пăрахăçа кăларма требовани лартнă. Демонстрантсем çавăн пекех çĕршыври чрезвычайнăй законсене улăштарма, политикăллă правăсене пысăклатма, концентрационнăй лагерьсене пĕтерме тата «пĕрлешӳллĕ оборона» текен системăна хутшăнмалла мар тесе требовани лартнă.

Демонстрантсем пĕтĕм тĕнчери мире тĕреклетме чĕнекен лозунгсем кăларса тăратнă.

## Ален ле Леапа тата Францири республиканецла çамрăксен союзĕн руководителĕсене хӳтĕлесе

ПАРИЖ, январĕн 10-мĕшĕ. (ТАСС). Парижри апелляци сучĕн следствисем тăвакан палати Пĕтĕм Францири ĕç конфедерацийĕн генеральнăй секретарьне Ален ле Леапа тата Францири республиканецла çамрăксен союзĕн тăватă руководительне вăхăтлăха ирĕке кăларма килĕшменнишĕн Францири ĕççыннисем хытă тарăхаççĕ.

«Юманите» хаçат пĕлтернĕ тăрăх, ĕнер чылай çĕрте ĕççыннисем кĕске вăхăтлăха ĕçлеме пăрахнă, вĕсем следствисем тăвакан палатăн решенине хирĕç протестленĕ. Сен-Пьер-де-Кор хулинчи (Эндр тата Луара департаменчĕ) Смит заводĕнче 2 пин рабочи забастовка тунă. Виллакубпери (Париж çывăхĕнче) «Бреге» заводĕнчи мĕнпур рабочисемпе служащисем ĕçлеме пăрахнă. Па-де-Кале департаментĕнчи шахтерсен федерацийĕ, Валансьенри тата Гренобльри металлургсемпе металлистсем тата ытти нумай организацисем те законсăр арестленĕ патриотсемпе пĕр кăмăллă пулнине палăртаççĕ.

«Юманите» хаçат паян Пĕтĕм Францири ĕç конфедерацийĕ пĕлтернине пичетлесе кăларнă. Пĕтĕм Францири ĕç конфедерацийĕ ĕççыннисене Ален ле Леапа тата Францири республиканецла çамрăксен союзĕн тăватă руководительне пĕр тăхтаса тăмасăр тĕрмерен кăларассишĕн пыракан кĕрешĕве вăйлатма чĕнсе каланă.

## Республикăри шахмат чемпионачĕнче

Республикăри шахмат чемпионачĕнчи юлашки вăйăсенче пысăк улшăнусемех пулмарĕç. Вуниккĕмĕш вăйăра Никитин Соловьевран выляса илчĕ. Гуляевпа Никитин хушшинчи вăйă никам çĕнтерейменнипе вĕçленчĕ. Вунтăваттăмĕш вăйăра Никитин Дерягинран выляса илчĕ. П. Федоров Ромзновран, Андреевран тата Николаевран выляса илсе, виçĕ çĕнтерӳ турĕ, иккĕмĕш вырăна тухма пултарчĕ. Смирнов Егоровпа тата В. Федоровпа выляни никам çĕнтерейменнипе вĕçленнĕ, Яснопольскине çĕнтернĕ. Çапла вара вăл виççĕмĕш вырăна тухрĕ. Республика чемпионĕ Сергиевский ăнăçлах вылямарĕ. Вăл Кочетковпа выляни никам çĕнтерейменнипе вĕçленчĕ. Вăлах Романовран выляса илчĕ, Андреевпа выляни чухне ăна парăнчĕ.

Юлашки вăйă умĕн очкосен хисепĕ çакăн пек: Никитинăн—12,5, П. Федоровăн—11,5, Смирновăн—10, Сергиевскин—9,5, Сиротинпа Яснопольскин — 8,5-шер.

## Шкул ачисен спартакиади

Шупашкарта шкул ачисен республикăри спартакиади пулса иртрĕ. Унта 300 ытла çамрăк хутшăнчĕ.

Икĕ кун хушши пынă ăмăртура хула командисем хушшинче малти вырăна Шупашкар хула команди тухрĕ. Иккĕмĕш вырăнта—Улатăр хула команди. Районсем енĕпе пĕрремĕш вырăнта Вăрмар районĕн, иккĕмĕш вырăнта—Чкаловски районĕн командисем. Ачасен спорт шкулĕсем хушшинче мала Шупашкарти шкул (директорĕ А. К. Смирнова) тухнă.

Мала тухнă командăсемпе участниксене Сутĕç министерствин грамотисемпе тата хаклă парнесемпе наградăланă.

Я. ОСИПОВ.

## Ялти спортсменсен ăмăртăвĕ умĕн

Çак кунсенче ВЛКСМ Чăваш обкомĕнче ялти йĕлтĕрçĕсен тата конькипе ярăнакансен республикăри ăмăртăвне ирттересси çинчен сӳтсе ярĕç. «Колхозник» спорт обществин республикăри Совечĕн председателĕ В. Никитин юлташ ăмăртăва хатĕрленесси мĕнле пыни çинчен каласа парĕ. Ăмăртăва пурĕ 250—300 çын пухăнмалла. Ялсенчи спортсменсем йĕлтĕрпе хăвăрт чупас, слалом меслечĕпе ярăнас, трамплин çинчен сикес тата конькипе ярăнас енĕпе ăмăртаççĕ.

Ялсенчи спортсменсен республикăри ăмăртăвĕ Шупашкарта январĕн 16—19-мĕшĕсенче пулать. Кунта районсенче ирттернĕ ăмăртусенче мала тухнă чи вăйлă физкультурниксемпе физкультурницăсем пухăнаççĕ.

## *Хоккеистсен тĕлпулăвĕсем*

Хоккей вăййипе Шупашкарта мала тухмалли ăмăрту вĕçленсе пырать. Иртнĕ вырсарникун «Молния» спорт обществи каткĕ çинче чи малтанах Чапаевски поселокри хоккеистсемпе «Пищевик» спорт обществин хоккей команди тĕл пулса вылярĕç. Вăйăра Чапаевски поселок команди 8:0 шутпа çĕнтерчĕ.

Стадиона пухăннисем «Динамо» тата «Спартак» спорт обществисен командисем тĕл пулса вылянине уйрăмах интересленсе пăхрĕç Çак командăсем хоккей вăййипе Шупашкарта мала тухмалли ăмăртура пĕрре те выляса яман-ха.

Пĕрремĕш тайм 1:0 шутпа «Спартак» команди çĕнтернипе пĕтрĕ. Иккĕмĕш тайм пуçлансанах спартаковецсем иккĕмĕш мечка çапса кĕртрĕç. Çакăн хыççăнах динамовецсем пĕр мечка çапса кĕртрĕç.

Икĕ командăри хоккеистсем те тăрăшса вылярĕç Çапах та «Спартак» командинчи хоккеистсем (кунта пуринчен ытла çамрăксем выляççĕ) ытларах тăрăшни сисĕнет. Вĕсем виççĕмĕш мечка çапса кĕртрĕç. Вăйă шучĕ 3:1 пулса тăчĕ.

Кун хыççăн «Динамо» командинчи хоккеистсем час-часах тапăнса выляма пуçларĕç. Вĕсем умлă-хыçлах тенĕ пек 2 мечка çапса кĕртрĕç. Вăйă 3:3 шутпа пĕтрĕ.

## Пĕлтерни

Январĕн 13-мĕшĕнче, 20 сехетре, КПСС Шупашкар хула комитечĕн библиотека çуртĕнче И. В. Сталин биографине вĕренмелли кружоксен тата полишкулсен (пĕрремĕш тата иккĕмĕш çул ĕçлекеннисен) руководителĕсен семинарĕ пулать. Тема: «Партин XIX-мĕш съездне ВКП(б) Центральнăй Комитечĕн ĕçĕсем çинчен туса панă отчетлă доклад».

КПСС ХУЛА КОМИТЕЧĔ.

Редактор В. Я. ЯКОВЛЕВ.



РЕДАКЦИ АДРЕСĔ: г. Чебоксары, ул. Володарского, 5, Дом печати. ТЕЛЕФОНСЕМ: редактор—0-67, редактор заместителĕ—3-99, ответлă секретарь—4-26, секретариат—3-54, промышленность пайĕ—5-74, информаци пайĕ—5-74, парти пурнăç пайĕ—3-99, ялхуçалăх пайĕ—3-97, культура пайĕ—8-61, совет строительстви пайĕ—8-61, çырусен пайĕ 7-32, издательство кантурĕ—0-23.

НЛ 01214 Типографи №1 Чувашполиграфиздата. Тираж 20.000 экз.